ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

ВКП(б) Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1952 ҫул Май 24 ШӐМАТКУН № 102 (8754)

Хакӗ 20 пус. 35-мӗш ҫул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Аслӑ вырӑс халӑхне чыс та мухтав!

Сичӗ ҫул каярах, 1945 ҫулхи майӑн 24-мӗшӗнче, И. В. Сталин юлташ Хӗрлӗ Ҫар командующийӗсен ячӗпе Кремльте пулнӑ йышӑнура: вырӑс халӑхӗ Совет Союзне кӗрекен мӗнпур нацисенчен чи паллӑ наци пулса тӑрать, тесе каларӗ. Вырӑс халӑхӗ—пирӗн ҫӗршыври мӗнпур халӑхсене ертсе пыракан вӑй. Унӑн уҫӑмлӑ ӑс-тӑн, ҫирӗп кӑмӑл тата чӑтӑмлӑх пулни пирӗн Тӑван ҫӗршыв аталанӑвӗн кашни тапхӑрӗнчех яр-уҫҫӑн палӑрать.

Ленин—Сталин партийӗ ертсе пынипе вырӑс халӑхӗ тӗнчери халӑхсенчен пуринчен малтан капитализмлӑ чуралӑх сӑнчӑрне татса ывӑтрӗ, Российйри мӗнпур халӑхсене класлӑ тата нациллӗ пусмӑртан ирӗке тухма пулӑшрӗ, вӗсене ирӗклӗ те пӗр тан правӑллӑ халӑхсен тӑванла ҫемйине пӗтӗҫтерчӗ. ССР Союзӗнчи халӑхсем халӗ, аслӑ вырӑс халӑхӗпе пӗрле алла-аллӑн тытӑнса тата вӑл ялан пулӑшса пынипе, Ленин ялавӗ айӗнче тӑрса, Сталин ертсе пынипе коммунизм обществи тӑвас тӗлӗшпе ӑнӑҫлӑн ӗҫлеҫҫӗ. Пирӗн ҫӗршыври халӑхсем пӗр-пӗринпе тачӑ ҫыхӑнса ӗҫлени, вӗсен сталинла туслӑхӗ, вӗсем пӗр-пӗрне ырӑ кӑмӑлпа пулӑшса пыни коммунизм строительствинче ҫӗнтерӳ хыҫҫӑн ҫӗнтерӳ тума пулӑшать.

Совет Союзӗ — тӗнчери чи малта пыракан ҫӗршыв, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисен ҫутӑ шанчӑкӗ. Империализм чуралӑхӗнчен хӑтӑлса тухассишӗн, миршӗн, демократишӗн тата социализмшӗн кӗрешекен мӗнпур ырӑ шухӑшлӑ ҫынсем кӗрешӳре тата ӗҫре вырӑс рабочи класӗнчен вӗренсе пыраҫҫӗ.

Сталин юлташ совет рабочи класӗ пирки, уйрӑмах вырӑс рабочи класӗ пирки питех те хавхаланса ҫирӗм ҫул ытла каялла каланӑ сӑмахсем совет ҫыннисен революциллӗ нациллӗ мӑнкӑмӑллӑхне ҫӗнӗ вӑйпа палӑртаҫҫӗ: «Революциллӗ юхӑм центрӗ Хӗвеланӑҫ Европӑран Российйна куҫнине халӗ ӗнтӗ пӗтӗм тӗнче йышӑнать,—тенӗ ун чухне Сталин юлташ.—*Мӗнпур ҫӗршывсенчи революционерсем СССР ҫине — пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисене ирӗке тухассишӗн кӗрешме хавхалантаракан ҫӗршыв ҫине шанчӑкпа пӑхаҫҫӗ, ӑна хӑйсен пӗртен-пӗр Тӑван ҫӗршывӗ тесе шутлаҫҫӗ. Мӗнпур ҫӗршывсенчи революциллӗ рабочисем пурте пӗр кӑмӑлпа алӑ ҫупса* совет рабочи класне тата, пуринчен малтан, вырӑс рабочи класне—совет рабочийӗсен авангардне саламлаҫҫӗ, ӑна хӑйсен тивӗҫлӗ ҫулпуҫӗ вырӑнне йышӑнаҫҫӗ. *Вӑл чи революциллӗ тата чи активлӑ политикӑна пурнӑҫласа пырать, ун пек политикӑна пурнӑҫласси ҫинчен ытти ҫӗршывсенчи пролетарисем хӑҫан та пулин ӗмӗтленме ҫеҫ пултарнӑ*».

Вырӑссен тата пӗтӗм тӗнче культурин аслӑран та аслӑ ҫитӗнӗвӗ вӑл — ленинизм. Россия ленинизмӑн Тӑван ҫӗршывӗ пулнишӗн, *Российйра большевиксен аслӑ партийӗ ҫуралса тухса, ӳссе тӗреклениишӗн, Россия пӗтӗм тӗнче валли гениллӗ ҫулпуҫҫем*—В. И. Ленинпа И. В. Сталина пӑхса ҫитӗнтернӗшӗн пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗх чунтан-чӗререн савӑнать.

Пирӗн ҫӗршывра социализм ҫӗнтерӗвӗшӗн кӗрешнӗ вӑхӑтра вырӑс халӑхӗ чи малти ретре пулчӗ, ССР Союзӗнчи ытти мӗнпур халӑхсем вара унпа пӗр харӑс утма тӑрӑшрӗҫ, коммунистсен партийӗ палӑртнӑ питех те пысӑк ӗҫсене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫларӗҫ.

Чӑвашсем вырӑс государствине пӗрлешнӗренпе тӑватҫӗр ҫул тултарчӗ. Чӑваш халӑхӗ аслӑ вырӑс халӑхне яланах хӑйне хӳтӗлекен халӑх тесе шутланӑ, ӑна хӑйӗн аслӑ пиччӗшӗ вырӑнне хунӑ. Чӑваш халӑхӗн нумай ывӑлӗсем вунҫиччӗмӗш ӗмӗртенпех вырӑс халӑхӗпе пӗрле ирӗклӗхшӗн кӗрешнӗ. Вӗсем *Степан Разин отрячӗсенче, Емельян Пугачев ҫарӗнче*, 1812 ҫулхи Отечественнӑй вӑрҫӑра, пӗтӗм тӗнчери пӗрремӗш вӑрҫӑра тата граждан вӑрҫинче вырӑс салтакӗсемпе пӗрле паттӑрлӑхпа хӑюлӑх кӑтартса ҫапӑҫнӑ. Чӑваш халӑхӗпе вырӑс халӑхӗ хушшинчи ӗмӗртен-ӗмӗре пыракан туслӑх 1941—1945 ҫулсенчи Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑра уйрӑмах вӑйлӑ палӑрчӗ. Ҫак вӑрҫӑ ленинла-сталинла наци политикин иксӗлми вӑйне кӑтартрӗ, вӑл Совет Союзӗнчи халӑхсем хушшинчи туслӑха тата ытларах ҫирӗплетрӗ.

Чӑваш халӑхӗ хӑйӗн государствине тума, хӑйӗн автономиллӗ республикине хуҫалӑхпа культура тӗлӗшӗнчен аталантарма тӑванла пулӑшнӑшӑн паттӑр вырӑс халӑхне, большевиксен партине, аслӑ ҫулпуҫҫене—В. И. Ленинпа И. В. Сталина ӗмӗр-ӗмӗр тав тӑвать.

Большевиксен партийӗ ертсе пынипе, аслӑ вырӑс халӑхӗ пӗрмай пулӑшса пынипе чӑваш халӑхӗ, ҫӗршыври ытти халӑхсем пекех, историллӗ кӗске вӑхӑт хушшинчех хуҫалӑхпа культура строительствинче чаплӑ ҫитӗнӳсем турӗ, хӑйӗн формипе нациллӗ, содержанийӗпе социализмлӑ культурине аталантарчӗ. Совет влаҫӗ ҫулӗсенче чӑвашсем хушшинчен талантлӑ писательсемпе поэтсем, чаплӑ композиторсем, культурӑпа искусствӑн ытти деятелӗсем, нумай йышлӑ совет интеллигенцийӗ ӳссе ҫитӗнчӗҫ.

Промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ ӳснӗ май, республикӑри ӗҫҫыннисен материальнӑй пурнӑҫӗпе культури ӳссе, ҫӗкленсе пырать. Партипе правительство ҫулсерен пысӑк пулӑшу панишӗн тав туса тата унпа хавхаланса, чӑваш халӑхӗ мирлӗ аталану тапхӑрӗнче те, Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑ ҫулӗсенчи пекех, ырӑ кӑмӑлпа тата вӑя шеллемесӗр тӑрӑшса ӗҫлет, хамӑр Тӑван ҫӗршыв экономикипе оборона вӑй-хӑватне малалла тӗреклетме пулӑшать.

Вырӑс халӑхӗпе ССР Союзӗнчи ытти халӑхсем хушшинчи туслӑх кунлен-кун ҫирӗпленсе пырать. Совет ҫыннисен паттӑр ӗҫӗсем пурнӑҫра чӗрӗлӗх паракан совет патриотизмӗнчен ҫуралса тухаҫҫӗ. Совет патриотизмӗ пирӗн халӑхсем хӑйсен Тӑван ҫӗршывне пӗтӗм чун-чӗререн парӑнса, Тӑван ҫӗршывшӑн шанчӑклӑ пулса тӑни ҫинче, пирӗн ҫӗршыври мӗнпур нацисен ӗҫҫыннийӗсем пӗр-пӗринпе тӑванла тата туслӑ пурӑнни ҫинче никӗсленсе тӑрать. Ҫав туслӑх никам ҫӗмӗреймӗ ҫирӗп пулнишӗн Совет Союзӗнчи халӑхсем аслӑ вырӑс халӑхне, большевиксен партине, гениллӗ ҫулпуҫӑмӑра Сталин юлташа чӗререн тав тӑваҫҫӗ.

★

### Ҫул тӑвакансен ҫитӗнӗвӗ

ТАХИА-ТАШ, майӑн 22-мӗшӗ. (ТАСС). Туркменири Тӗп канала тӑвакансем 1952 ҫулхи ӗҫ планне срокчен тултарасшӑн ӑмӑртса ӗҫлеҫҫӗ.

Ҫул тӑвакансен Багдасаров юлташ ертсе пыракан коллективӗ ӑмӑртура ҫӗнӗ ҫитӗнӳ тунӑ. Вӑл ҫулталӑкри программӑна чи малтан тултарнӑ. Ходжейлирен строительство материалӗсем кӑлармалли карьерсем патне каймалли шоссе ҫулне срокчен туса пӗтернӗ, ҫул айккипе 130.000 йывӑҫ лартса хӑварнӑ. Халӗ Тахиа-Таш районӗнче асфальт сарса ҫул тума тытӑннӑ.

## *Ҫӗрулми лартас тата техникӑллӑ культурӑсем акас ӗҫсене хӑвӑртрах вӗҫлер!*

★ ★ ★ ★

### Механизаторсен социализмлӑ ӑмӑртӑвӗнче малта пыракансем

Чӑваш АССР Ялхуҫалӑх министерстви пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫурхи уй-хир ӗҫӗсенче ҫак механизаторсем уйрӑмах лайӑх тӗслӗх кӑтартнӑ:

**Сӗнтӗр МТС-ӗ тӑрӑх**

**Кошкин** юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вӑйлӗ тракторпа 100 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ. Бригадӑри **Пинарин, Вишнев** трактористсем НАТИ тракторпа 210 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

**Красноармейски МТС-ӗ тӑрӑх**

**Ершова** юлташ ертсе пыракан трактор бригади кашни 15 лаша вӑйлӗ тракторпа 134 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ. Бригадӑри **Иванов, Гордеев** трактористсем «КД-35» тракторпа 212 гектар, **Васильев, Леонтьев** трактористсем СХТЗ тракторпа 172 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

1, 5, 12, 13-мӗш трактор бригадисенчи **Михайлов, Петров** трактористсем урапаллӑ тракторпа 192 гектар, **Кириллов, Трофимова** трактористсем 162 гектар, **И. Кириллов, Федоров** трактористсем «У-2» тракторпа 124 гектар, **Андреев, Егорова** трактористсем «КД-35» тракторпа 207 гектар, **Фетодов, Прокоров** трактористсем СХТЗ тракторпа 175 гектар сухаланӑ чухлӗ ӗҫ тунӑ.

### *Пысӑк тухӑҫлӑ кок-сагызшӑн*

ШӐХАСАН. *Тухӑҫлӑ кок-сагыз тымарӗ тата вӑрлӑхӗ туса илессишӗн кӗрешсе*, районти колхозсем пысӑк ӗҫсем туса ирттереҫҫӗ. Кок-сагыз акса тӑвакан пур артельсем те икӗ ҫулхи плантацисене сӳрелесе хӑварчӗҫ, пӗлтӗр кӗркунне акнӑ участоксене кӑпкалатса тухрӗҫ.

Кок-сагыз акнӑ пысӑк лаптӑксем ҫинче калчана апат панӑ. Сӑмахран, Маленков ячӗпе тӑракан колхозра кашни гектар ҫинчи калчана апат пама икӗ центнер суперфосфат тата тислӗк шӗвекӗ, Киров ячӗпе тӑракан колхозра тӑватӑ центнер кайӑк-кӗшӗк тислӗкӗ сапнӑ.

Кок-сагыз речӗсем хушшине кӑпкалатма кӑҫал «ХТЗ-7» пропашной тракторсемпе усӑ кураҫҫӗ. Вӗсемпе «КОН-2,3» *йышши навеснӑй культиваторсемпе ӗҫлеҫҫӗ.* Ҫавӑн пек трактор вӑйӗпе коксагыз плантацине «Красный Октябрь» колхозра тата ытти хӑшпӗр колхозсенче *те кӑпкалатса тухнӑ.*

*Агроном* **Л. ГРОМОВ.**

### Тракторсемпе тухӑҫлӑ ӗҫлемелле

Халӗ вӑйлӑ тырпулшӑн кӗрешмелли хӗрӳллӗ тапхӑр пырать. Колхозсемпе МТС-сен тырпул акмалли плана мӗнпур культурӑсем тӑрӑх агротехника тӗлӗшӗнчен пысӑк пахалӑхпа тултармалла.

Сӗнтӗр районӗнчи хӑшпӗр колхоз руководителӗсемпе МТС-ри уйрӑм работниксем ҫуракинче пысӑк йӑнӑш тӑваҫҫӗ. Акӑ, Мичурин ячӗпе тӑракан, «Ленинский путь», «Коммунизм» ялхуҫалӑх артелӗсенче вӑрлӑха тасатмасӑр, ҫинчен тата алӑпа акнӑ.

Механизаторсен ӑмӑртӑвне хутшӑнса, МТС-ӑн уйрӑм бригадисем ӗҫре лайӑх тӗслӗхсем кӑтартаҫҫӗ. П. Ермолаев юлташ ертсе пыракан трактор бригади договорсемпе палӑртнӑ ҫурхи ӗҫсен планне хӑй ӗҫлекен колхозсенче майӑн 12-мӗшӗнчех тултарчӗ. Ҫавӑн пекех ҫиччӗмӗш трактор бригади те аван ӗҫлет. Анчах та чылай бригадӑсенче тракторсен хӑвачӗпе ҫителӗксӗр усӑ кураҫҫӗ, ҫавӑн пирки те ӗҫ тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗ. Сӑмахран, «Аврора» колхозра иккӗмӗш бригадӑн трактористчӗ А. Каргин юлташ «ДТ-54» тракторпа пӗр культиватор кӑна кӑкарса ӗҫлет, тракторӑн хӑвачӗпе ҫуррине кӑна ҫеҫ усӑ курать.

*МТС дирекцийӗ механизаторсен ӗҫне* сехет графикӗпе организацилесси ҫинчен пачах та шухӑшламасть.

Чылай трактористсен ӗҫ пахалӑхӗ начар. Акӑ, виҫҫӗмӗш трактор бригадинчи [illegible] трактористсем Мичурин ячӗпе тӑракан артельте ҫурхи сухана 12—14 сантиметр тарӑнӑш кӑна сухаланӑ. Каганович ячӗпе, Лысенко ячӗпе, Чкалов ячӗпе тӑракан колхозсенче те трактористсем ӑшӑх сухалашне палӑртнӑ. «Большевик» колхозра Д. Григорьев юлташ ертсе пыракан бригада трактористчӗсем тулла нормӑран чакарса акса панӑ, гектар ҫине 136 килограмм вӑрлӑх анчах акнӑ. Агротехникӑна ҫакӑн пек кирлӗсӗр пӑсни МТС-ӑн участокри агрономӗ И. Ямбулатова юлташ куҫӗ умӗнче пулса иртнӗ. «Передовик» артельте те тулла пысӑк лаптӑк ҫинче нормӑпа палӑртнӑ чухлӗ акман.

Районти чылай колхозсенче выльӑх апачӗ тумалли культурӑсене вӑрахӑн акаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл каллех тракторсемпе тухӑҫлӑ ӗҫлеменнинчен килет. Пур тракторсемпе те икӗ сменӑпа ӗҫлемеҫҫӗ. Ҫӗрлехи сменӑри трактористсен ӗҫне тӗрӗслесе тӑни ҫук.

МТС-ӑн ӗҫӗнчи тепӗр пысӑк ҫитменлӗх вӑл—колхозсене курӑксем акса памалли плана тултарманни пулать. МТС руководителӗсем курӑк акса тӑвас ӗҫе хаклamаҫҫӗ, колхозсенче пусӑ ҫаврӑнӑшӗсене тӗрӗс йӗркелеме тӑрӑшмаҫҫӗ.

Тракторсене техника тӗлӗшӗнчен япӑх пӑхаҫҫӗ. Ҫакна ҫирӗплетсе пама пӗр тӗслӗх илсе кӑтартсан та ҫитет: майӑн 10-мӗшӗпе 15-мӗшӗ хушшинче вӑтам шутпа кашни трактор пуҫне талӑкра 3,1 гектар сухаланӑ чухлӗ анчах ӗҫ тунӑ; кунсерен 6—7 трактор ӗҫлемесӗр ларнӑ. Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозра, сӑмахран, икӗ *трактор свеча* тата магнето ҫук пирки ӗҫлемен. Суворов ячӗпе тӑракан колхоз хирӗнче «ДТ-54» трактор радиатор юсав*лӑ пулманнипе виҫӗ кун ахаль ларнӑ.*

Колхозсем МТС хӑйӗн ӗҫне лайӑхлатасса кӗтеҫҫӗ, вӑл тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерме, обществӑллӑ хуҫалӑха ҫирӗплетсе пыма ытларах пулӑшасса шанаҫҫӗ.

**А. КУШНИКОВ.**

### Ирхи ҫӗртме сухине— июнӗн 5-мӗшӗ тӗлне

ЧКАЛОВСКИ. *Районти колхозсем ҫуракине ӑнӑҫлӑ ирттернӗ хыҫҫӑн ирхи ҫӗртме тума пуҫларӗҫ.* Ку тӗлӗшпе уйрӑмах Калинин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем *паха тӗслӗх кӑтартаҫҫӗ.* Кунта ҫӗртме сухине пурӗ 368 гектар тумалла пулсан, паянхи куна 120 гектар ытла сухаланӑ. Хире ҫителӗклӗ таран тислӗк кӑларнӑ.

Ҫӗртме тума колхоза В. Ныркин юлташ *ертсе пыракан трактор бригади пысӑк пулӑшу парать.* Механизаторсем *сменӑри нормӑна 115—120-шер процент* тултараҫҫӗ.

Калинин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем, механизаторсемпе тачӑ ҫыхӑнса, ҫӗртме сухине *июнӗн 5-мӗшӗ тӗлне туса* пӗтерме сӑмах пачӗҫ.

*Ирхи ҫӗртме тӑвас ӗҫ ҫавӑн пекех* Сталин ячӗпе тӑракан, «Герой», Киров ячӗпе тӑракан тата «Гвардеец» колхозсенче *те ӑнӑҫлӑ пырать.*

**И. МЕШНОВ.**

## ПАЯН КОЛХОЗРА

Колхоз председателӗ Ананий Давыдов хирелле утать. Утнӑ хушӑра йӗри-тавра пӑхса пырать.

Ку вырӑнта ӗнер кӑна хуп-хура тӑпраччӗ. Паян акӑ, ҫӗрӗпе ҫумӑр чашлаттарса ҫунӑ хыҫҫӑн, сӑп-сӑра тулӑ калчи тапса тухнӑ.

Давыдов коммунист вунӑ ҫул хушши тракторист, комбайнер, трактор бригадин бригадирӗ пулса ӗҫленӗ. Кӑҫал ӑна колхоз председательне суйланӑ. Вӑл, ҫамрӑкранпах ҫӗр ӗҫӗпе ӗҫлесе пиҫӗхнӗ ҫын, калча шӑтса тухсанах гектартан миҫе центнер тырӑ пухса кӗрессине шута илме хӑнӑхнӑ. Халӗ те, чарӑнса тӑрсах, калчана пӑхма пуҫларӗ.

Давыдов юлташ ертсе пыракан колхоз ку таранччен районта каярах юлса пыракан хуҫалӑх шутланнӑ. Артель членӗсен текех «кая юлнӑ» ята илтес килмен. Сталин юлташ патне ҫыру ҫырнӑ чухне вӗсем 900 гектар ҫинче кашни гектартан 16-шар центнер ҫуртри туса илме сӑмах пачӗҫ. Колхозра уйрӑмах тулӑ хисеплӗ вырӑнта. Ӑна иртерех тата ҫӗр аванрах вырӑна акаҫҫӗ, лайӑхрах пӑхса ӳстерме тӑрӑшаҫҫӗ. Кашни гектартан 17-шер центнер туса илме палӑртнӑ.

— Лайӑх пӑхса ӳстерсен тата вӑхӑтра пухса кӗртсен, ытларах та тухма пултарать,—калчана пӑхнӑ хушӑра шухӑшларӗ председатель.

Председатель тракторсем мӗнле ӗҫленине тӗрӗслеме каятчӗ. Вӑл тулӑ калчисене пӑхнӑ вӑхӑтра тракторсем кӗрленине илтрӗ. Анчах вӗсен сассисем урӑх вырӑнта—председатель кӗтмен ҫӗртен илтӗнеҫҫӗ. Вара вӑл хир урлах тракторсем еннелле утрӗ. Сӑрт урлӑ каҫсан, ҫӗрулми лартмалли вырӑна виҫӗ трактор сухаланине курчӗ. Тӑваттӑмӗш тракторӗ, хыҫалтан виҫӗ сеялка кӑкарса янӑ та, ӗнер сухаланӑ вырӑнта акать.

— Хӗвел пек пысӑк та ӑшӑ салам!—председателе инҫетренех курса саламларӗ трактор бригадин бригадирӗ Иван Кириллович Морозов.

— Салам!—бригадир аллине хытӑ чӑмӑртарӗ Давыдов.—Хӑвӑрт ӗҫленӗшӗн тавтапуҫ. Эпӗ ку участока паян каҫсӑр сухалама тытӑнасса кӗтмен.

— Хӑвӑрт сухаланӑшӑн мана мар, Прокопьевпа Яковлева ырӑ сунас пулать,—кӑмӑллӑн кулать Морозов.

Петр Сидорович Прокопьевпа Андрей *Сергеевич Яковлев, бригадӑри ытти трак*тористсем пекех, ку колхоз членӗсем. Ҫуртрине малтан ҫӗртме пусси хӑварма палӑртнӑ вырӑна сухаласа акмаллине пӗлсен, вӗсем, ӗҫе хӑвӑртлатас шутпа, бригадӑри трактористсем хушшинче ӑмӑрту пуҫарса янӑ. Ҫуракине тухнӑранпа «ДТ-54» тракторпа талӑкра 20 гектартан кая сухаласа курман. Урӑхла каласан, кашни талӑкра нормӑпа палӑртнинчен 5 гектар ытларах сухалаҫҫӗ. Ӗҫне те калама ҫук лайӑх тӑваҫҫӗ.

Иртнӗ ҫулсенче апат ҫителӗксӗр пулни колхоза обществӑллӑ выльӑхсен шучӗпе тухӑҫлӑхне ӳстерме чӑрмантарса тӑратчӗ. Халӗ артель членӗсем ку ҫитменлӗхе пӗтерессишӗн кӗрешеҫҫӗ. Кӑҫал утӑлӑх вика, клевер, люцерна, тимофеевка, силос тумалли культурӑсемпе тымарҫимӗҫсем нумай акнӑ. 50 гектар ҫине ҫӗрулми лартса хӑвараҫҫӗ.

Техникӑллӑ культурӑсем акса тӑвас тӗлӗшпе ӗҫлекен бригадӑна Ефрем Максимов ертсе пырать. Вӑл кӑҫалхипе иккӗмӗш ҫул кӑна ӗҫлет-ха. Пӗлтӗр ҫулла тата иртнӗ хӗлле Максимов юлташ таврари малта пыракан колхозсенче пулса вӗсен опычӗсемпе тӗплӗн паллашнӑ. Бригадӑри ытти колхозниксем те тӗрлӗрен литературӑ вуласа хӑйсен агротехникӑллӑ пӗлӗвне чылай ӳстернӗ. Халӗ вӗсем хӑйсен ӗҫне ӑнланса тата тӑрӑшса тӑваҫҫӗ.

— Ку таранччен пирӗн колхоз укҫа кирлӗ чухне тырӑ сутса йӳнеҫтернӗ. Кӑҫалтан вара техникӑллӑ культурӑсем сутса ытларах тупӑш илме тӑрӑшатпӑр,—тет Максимов юлташ.

Унӑн сӑмахӗ—пушӑ сӑмах мар. Хӗллехи вӑхӑтра кантӑр тата кок-сагыз акмалли вырӑна ҫӗнетме ҫителӗклӗ таран тислӗк кӑларнӑ. Халӗ акӑ бригадӑри ҫынсем пысӑк купасенче ҫӗрсе тӑнӑ тислӗке пӗр тикӗс сарса тухаҫҫӗ.

— Халех салатсан тислӗк типсе каймасть-и?—бригадиртан ыйтать председатель.

— Трактористсемпе калаҫса татӑлнӑ эпир. Вӗсем ыран ирех кунта килсе сухалама пулчӗҫ. Ыран ирпе тин тытӑнсан, тислӗк салатса ӗлкӗреймен пирки тракторсем чарӑнса тӑма пултараҫҫӗ,—ответлет бригадир.

Колхозра кок-сагыз акмалли ҫӗр лаптӑкне ҫултан-ҫул ӳстерсе пынипе пӗрлех, малашне йӗтен акма тытӑнасси ҫинчен те пикенсех шухӑшламалла пулать.

Техникӑллӑ культурӑсем акакан пусӑ ҫумӗпе хулпуҫҫи ҫине кӗреҫесем хунӑ колхозниксем утаҫҫӗ. Вӗсене Василий Албарцев ертсе пырать.

Албарцев бригадин ятне калама та пӗлмелле мар. Бригадӑри ҫынсем вӑрман тӑрӑхӗсем те лартаҫҫӗ, сад та ӳстереҫҫӗ, хӑмла пахчи те тӑваҫҫӗ, пахча ҫимӗҫсем лартса ӳстерес тӗлӗшпе те ӗҫлеҫҫӗ. Йывӑҫ лартасси, ҫураки пекех, вӑхӑтра тумалли ӗҫ. Ҫавӑнпа ӗнтӗ ку бригадӑна ҫуракине хутшӑнман мӗнпур колхозниксем пулӑшаҫҫӗ. Пӗлтӗр колхоз хӑйӗн ҫурҫӗр енчи чиккине 1.400 метр тӑршшӗ вӑрман тӑрӑхӗ лартнӑ. Кӑҫал кӑнтӑр енчи чикке 2 пин метр тӑршшӗ вӑрман тӑрӑхӗ лартса тухнӑ. Пӗлтӗр лартнӑ йывӑҫсенчен хӑшпӗрисем хӑрнӑ. Вӗсем вырӑнне урӑххисене лартма каяҫҫӗ ӗнтӗ хулпуҫҫи ҫине кӗреҫе хунӑ колхозниксем.

Колхоз хирӗнче ишӗлекен ҫырмасем нумай. Малашне вӑл ҫырмасене йывӑҫ лартса ишӗлме чарасшӑн. Анчах колхозӑн унта лартма йывӑҫ пулман. Кӑҫал лартнӑ 25 пин тӗп йывӑҫа пӗтӗмпех Канаш вӑрман хуҫалӑхӗнчен сутӑн илнӗ. Уй-хире лартма йывӑҫ илсе текех тӑкак кӑлармалла пулмасть ӗнтӗ, колхоз вӑрман тӑрӑхне лартма кирлӗ йывӑҫсен питомникӗ турӗ.

Ӳсет, тӗреклеnет, нумай енлӗ хуҫалӑх пулса пырать колхоз. Сталин юлташа панӑ сӑмаха чыслӑн пурнӑҫлассишӗн, кӑҫал малтисен ретне тухассишӗн тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ колхозниксем.

**П. ЩИПЦОВ.**

«Смычка» колхоз,
Елчӗк районӗ.

### Пысӑк тухӑҫлӑ ҫӗрулмипе техникӑллӑ культурӑсемшӗн

Республикӑри колхозсемпе МТС-сем ҫурхи ака ӗҫӗсене вӗҫлесе пыраҫҫӗ. Красноармейски, Муркаш, Советски, Чкаловски, Ҫӗмӗрле районӗсем тӗштырӑсемпе пӑрҫа йышши культурӑсене майӑн 20-мӗшӗ тӗлнех акса пӗтерчӗҫ. Халӗ вӑл районсенчи колхозсем хӗрсех ҫӗрулми тата пахча ҫимӗҫсем лартаҫҫӗ, техникӑллӑ культурӑсемпе хуратул акаҫҫӗ.

Ҫапах та, пӗтӗмӗшпе илсен, республика ир акмалли культурӑсене халӗ те акса пӗтермен-ха. Ҫакӑ вӑл хӑшпӗр районсем ҫураки ӗҫӗсене ытла та вӑраха янинчен килчӗ. Сӑмахран, Шупашкар, Куславкка, Октябрьски, Ишлей тата ытти районсем ку таранӑ ҫитсе те ҫураки планне 70 процент ытларах кӑна тултарнӑ. Ҫак районсем начар ӗҫленине пулах ӗнтӗ пирӗн республика ҫураки ӗҫӗсенче тӑванла Мордва республикинчен ҫаплах юлса пырать-ха.

Ҫӳлте асӑннӑ районсем юлса пынин сӑлтавне тавҫӑрса илме йывӑр мар. Калӑпӑр, Ишлей районӗ юлса пынине нимӗнле «объективлӑ условисемпе» те ӑнлантарса пама ҫук. Ку районӑн условисем кӳршӗри малта пыракан Красноармейски, Муркаш районӗсен условийӗсенчен нимӗнпе те уйрӑлса тӑмаҫҫӗ. Ишлей районӗ хӑйӗн кӳршисенчен чӑтма ҫук кая тӑрса юлчӗ пулсан, ҫакна ӑна, чи малтан, парти райкомӗпе райисполкомӑн тата колхозсен руководителӗсем ҫуракине ертсе пырас ӗҫре пысӑк йӑнӑшсем тунипе кӑна ӑнлантарса пама пулать. Ҫуракин малтанхи кунӗсенче Ишлей районӗнче «тӑпра нӳрӗ» тесе васкамарӗҫ, кун пирки республикӑри хаҫатсенче кӑтартса панине район руководителӗсем хӑлхана чикмерӗҫ. Каярахпа районти колхозсенче «сивӗ ҫанталӑк» ик-виҫ талӑк пычӗ, ака ӗҫӗсене нумай сӗрте чарса лартрӗҫ. Анчах ӑшӑ ҫанталӑк килсен те кунта васкани курӑнмарӗ. Ун вырӑнне район руководителӗсем район кая юлса пынине ӑнлантарса паракан «теорисем» шырама тытӑнчӗҫ. Ишлей районӗ Красноармейски районӗнчен сурҫӗртерехре тӑрать иккен, ҫавӑнпа вӑл унпа ӑмӑртса ӗҫлеме пултараймасть иккен. Ку *«теори» тӑрӑх ӗҫлес пулсан, районти колхозсен те, колхозсенчи бригадӑсен те пӗр-пӗринпе ӑмӑртса ӗҫлеме май ҫук,* мӗншӗн тесен вӗсенчен пӗрисем теприсенчен сурҫӗртерехре пурӑнаҫҫӗ, ҫавӑнпа вӗсен: «тырӑ акмалли агротехникӑллӑ лайӑх сроксем пирӗн пата каярахпа тин килеҫҫӗ», тесе ка[illegible]

Ҫак йӑнӑш шухӑш-кӑмӑл Ишлей районӗнче чылаях сарӑлнине ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем лартас тата йӗтӗн-кантӑр акас ӗҫсем юлса пыни те ҫирӗплетсе парать. Кӳршӗри Красноармейски районӗнче майӑн 20-мӗшӗ тӗлне ҫӗрулми лартмалли плана 62 процент, йӗтӗн-кантӑр акмалли плана 34 процент ытла тултарнӑ пулсан, «сурҫӗрти» Муркаш районӗ те ҫӗрулми лартас ӗҫе 43 процент ытла пурнӑҫланӑ пулсан, Ишлей районӗ вара ҫӗрулми 20 процент кӑна лартнӑ, йӗтӗн-кантӑр 1,4 процент ҫеҫ акнӑ.

Паллах ӗнтӗ, ӗҫре сиен кӳрекен йӑнӑш шухӑш-кӑмӑлсене татӑклӑнах сирсе ямасӑр, Ишлей районӗ малта пыракан районсемпе танлашма пултараймӗ.

*Шел пулин те, ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем лартас тата* техникӑллӑ культурӑсем акас ӗҫсем ытти чылай районсенче те, сӑмахран, Куславкка, Октябрьски, Сӗнтӗр районӗсенче те ҫителӗксӗр пулса пыраҫҫӗ. Ҫавна пула республика халӗ ҫӗрулми лартмалли плана 29 процент ытларах, *кантӑр акмалли плана 25 процент ытларах ҫеҫ тултарнӑ.*

Ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫ *лартмалли* тата техникӑллӑ культурӑсем акмалли лайӑх вӑхӑтсем иртсе пыраҫҫӗ. Ҫак ӗҫсене виҫ-тӑватӑ кунлӑха вӑраха яни те халӗ ӗнтӗ ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсен тата техникӑллӑ культурӑсен тухӑҫлӑхне нумай чакарма пултарать. *Тӑхтаса тӑмалли вӑхӑтсем тахҫанах иртрӗҫ, хӗрӳллӗ ӗҫлемелли вӑхӑтсем ҫитрӗҫ.*

Сталин юлташ патне ҫырнӑ ҫырура Чӑваш республикинчи колхозниксемпе колхозницӑсем кашни гектартан 140 центнертан кая мар ҫӗрулми, пилӗк центнер кантӑр вӑрри тата ултӑ центнер сӳс, виҫӗ центнер ҫурӑ йӗтӗн вӑрри тата пилӗк центнер сӳс илме сӑмах пачӗҫ. Ҫак обязательствӑна чыслӑн пурнӑҫлас тесе, вӑл культурӑсене вӑхӑтра тата агротехника правилисене тӗрӗс пӑхӑнса акса хӑварас пулать. Ҫӗрулмине тӗмӗн-тӗмӗн тӑваткал майпа лартас меслетпе анлӑн усӑ курмалла, ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем лартмалли тата техникӑллӑ культурӑсем акмалли ҫӗре лайӑх ӗҫлесе хатӗрлемелле, вырӑнти тата минераллӑ удобренисемпе ҫемҫетмелле.

Ку ӗҫре те малта пыракан районсемпе колхозсем пек ӗҫлеме тӑрӑшни кирлӗ. Ҫӗрулми лартас ӗҫре Етӗрне, Комсомольски районӗсенчен пример илмелле, *йӗтӗн-кантӑр акас* енӗпе Чкаловски, Тӑвай, Елчӗк, Первомайски районӗсем малта пыраҫҫӗ. Республикӑра халӗ ӗнтӗ ҫӗрулми лартса пӗтернӗ колхозсем те сахал мар. Сӑмахран, Шӑхасан районӗнчи Калинин ячӗпе тӑракан артель яровизациленӗ вӑрлӑхпа 50 гектар ҫӗрулми лартса хӑварнӑ, вӑл шутран, тӗмӗн-тӗмӗн тӑваткал майпа чылай лартнӑ.

Колхозсенчи парторганизацисен, колхоз председателӗсен тата ялхуҫалӑх специалисчӗсен паянхи пысӑк тивӗҫӗ—ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем лартмалли тата техникӑллӑ культурӑсем акмалли плана кашни колхоз тӑрӑх вӑхӑтра та пӗтӗмпех тултарасси пулать.

★

### Ҫӗршыври уй-хирсенче

ПЕТРОПАВЛОВСК. Ҫурҫӗр Казахстан облаҫӗнчи совхозсем тӗштырӑсемпе пӑрҫа йышши культурӑсене акса пӗтернӗ. Кӑҫал ҫуркунне пӗлтӗрхинчен икӗ эрне кая юлса пуҫланнӑ пулин те, совхозсем ҫуракине пӗлтӗрхинчен кая юлмасӑр туса пӗтернӗ. Ҫак ҫитӗнӗве механизаторсем тӑрӑшнипе, вӗсем машинӑсемпе сехет графикӗ тӑрӑх, пысӑк тухӑҫлӑхпа ӗҫленипе тума пултарнӑ.

ВЕЛИКИЕ ЛУКИ. Облаҫри колхозсем йӗтӗн акса пӗтернӗ. Ҫураки ӗҫне пӗлтӗрхинчен чылай хӑвӑртрах тата лайӑхрах туса ирттернӗ. Йӗтӗне пӗтӗмпех сортлӑ вӑрлӑхпа акнӑ. Йӗтӗн акнӑ вырӑнсене пӗлтӗрхинчен икӗ хут ытларах удобрени кӑларнӑ.

Малтан акнӑ йӗтӗн питӗ лайӑх шӑтса тухнӑ.

СМОЛЕНСК. Облаҫри малта пыракан колхозсем ҫӗртме тума тытӑннӑ. Рославль тата ытти районсенчи колхозсем ҫӗршер гектар сухаланӑ. Кӑҫал облаҫри колхозсем таса ҫӗртме иртнӗ ҫулхинчен чылай ытларах лаптӑк ҫинче тӑваҫҫӗ.

САРАНСК. Мордва АССР-ӗнчи колхозсем нумай ҫул ӳсекен курӑксем акмалли плана тултарнӑ. Курӑксем пӗлтӗрхинчен виҫӗ хута яхӑн нумайрах акнӑ. Тӗрӗс пусӑ ҫаврӑнӑшӗ туса ҫитернӗ вуншар колхозсем иккшер уя нумай ҫул ӳсекен курӑксем акса хӑварнӑ.

ФРУНЗЕ. Чуй айлӑмӗнче курӑк вӑйлӑ ӳссе ҫитӗннӗ. Машинӑсене тракторсемпе тата лашасем кӳлсе турттарса утӑ ҫулаҫҫӗ. Ҫулнӑ курӑкӑн пӗр пайне силос тума хываҫҫӗ. Панфиловски районти Панфилов ячӗпе тӑракан колхоз кашни гектар ҫинчен вӑтам шутпа 17-шер центнер утӑ пухса кӗртет.

Майӑн 22-мӗшӗ. (ТАСС).

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Партгруппăсене çирĕплетмĕлле

Пирĕн районти хăшпĕр колхозсенчи парторганизацисем, ВКП(б) райкомĕ кăтартса панă тăрăх, султалăк каярах уй-хир бригадисемпе фермăсенче партгруппăсем турĕç. Партгруппа организаторĕсем пулма группăри коммунистсен пухăвĕнче тата вăрттăн сасăласа активлă та пултаруллă коммунистсене суйланă. ВКП(б) райкомĕ, коммунистсен вăйне колхоз хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсем тăрăх тĕрĕс вырнаçтарса тухса, производство бригадисенче партгруппăсем ытларах организацилеме тăрăшать.

Партгруппăсем тунин организациллĕ [illegible] кашнийĕ ertse пымалла, вĕсен опытне тĕпчесе вĕренмелле, партгруппоргсене тăрăшса ӳстерсе тата вĕрентсе пымалла. Çак ĕçре пирĕн райкомăн халлĕхе пысăк опыт çук. Анчах партгруппăсене ертсе пырасси лайăхланса пырать. Уй-хир бригадисенчи тата фермăсенчи партгруппăсен ĕçĕсем çинчен колхозсенчи парторганизаци секретарĕсен семинарĕнче сӳтсе явнă. Партгруппоргсене семинара пухса: «Бригадăри тата фермăри партгруппăн задачисем», «Производство бригади—колхозра ĕçе организацилемелли тĕп форма» тата «Бригадăра социализмлă ăмăртăва организацилесе ертсе пырасси» темăсем тăрăх докладсем итлесе сӳтсе явнă.

Çак семинарта партгруппоргсене ĕçе мĕнрен тытăнмаллине тата производство бригадинче партиллĕ-политикăллă ĕçе мĕнле йĕркелемеллине ăнлантарса патăмăр. Каярахпа партгруппоргсене пурне те пуçламăш парторганизаци секретарĕсен семинарне чĕнме пуçларăмăр. Çак семинарсем те партгруппоргсене пысăк пулăшу параççĕ. Вĕсем парти строительствин нумай ыйтăвĕсем тăрăх, сăмахран, «Парти поручениййĕ—коммунистсене большевикла воспитани памалли меслет», «Çамрăк коммунистсемпе ĕçлесси», «Парти ĕçĕнчи большевикла стиль» тата ытти çавнашкал ыйтусем тăрăх лекцисем итлерĕç.

Партгруппăсене ертсе пымалли паха меслетсенчен пĕри вăл—парторганизаци секретарĕсен тата партгруппоргсен отчечĕсене райком бюровĕнче итлени. Кунпа пĕрлех райком бюровĕнче партгруппоргсем группăн пĕтĕм ĕçĕ çинчен кăна мар, уйрăм ыйтусем тăрăх та хăйсен ĕçĕсем çинчен докладсем туса параççĕ. Райком работникĕсем, пуçламăш парторганизацисенче пулнă чухне, партгруппăсен ĕçĕпе тăтăшах интересленеççĕ. Вĕсем группоргсене коммунистсен пухăвĕсене ирттерме, парти членĕсемпе кандидачĕсене партиллĕ ĕçе активлă хутшăнтарма пулăшаççĕ, партгруппорга пĕтĕм ĕçе парторганизаци планĕ тăрăх туса пыма вĕрентеççĕ.

Колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен бюровĕсем те партгруппăсене ертсе пырас ĕçре хăйсен опытне пуянлатса пыраççĕ. Сăмахран, «Герой» колхозри партбюро секретарĕ Тухватуллин юлташ парт[illegible] пыракан органĕсен решенийĕсемпе паллаштарать, партгруппăри коммунистсен пухăвĕсенче пулать. Партгруппа ĕçне тĕплĕн сăнаса вĕреннĕ хыççăн, Хамдеев юлташăн докладне партбюрора сӳтсе явнă.

Партгруппăсен паха опытне сарас тĕлĕшпе районти хаçат пысăк ĕç тума пултарать. Райком бюровĕ кăтартса панă тăрăх, районти хаçат уйрăм партгруппăсен ĕçне анлăрах çутатма пуçларĕ. Сăмахран, «Партгруппа—колхозра пысăк вăй» ятлă статьяра хаçат Сталин ячĕпе тăракан колхозри пĕр партгруппа ĕçне çутатса парĕ.

Партгруппăсен ĕçне куллен ертсе пырсан, вĕсем пуçламăш парторганизацисен пурнăçĕнче пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ.

Сталин ячĕпе тăракан колхозăн пиллĕкмĕш бригади артель правленийĕ вырнаçнă ялтан виçĕ километрти ялта. Султалăк каярах кунта партгруппа турăмăр. Вăл 5 коммуниста пĕрлештерсе тăрать. Партгруппорг пулма ВКП(б) членне Гайнуллин юлташа суйланă.

Партгруппорг группăри коммунистсен пухăвĕсемпе канашлăвĕсене тăтăшах ирттерет тата вĕсенче производствăпа партиллĕ-политикăллă ĕç ыйтăвĕсене сӳтсе яваççĕ. Бригадăра стена хаçачĕпе боевой листоксем тăтăшах тухса тăраççĕ. Бригадăн клуб, библиотека тата радиоприемник пур. Партгруппа клубра колхозниксем валли час-часах докладсемпе лекци[illegible] тата политикăллă калаçусем [illegible]терет. Çак ĕçе ялти учительсене [illegible]влă хутшăнтарнă.

Партгруппорг Хăйĕн, дневникĕ çине коммунистсене парти поручениййĕсем пани çинчен, парти пухăвĕсем ирттерни тата пурнăçлама палăртнă ĕçсем çинчен çырса пырать. Группăри коммунистсем пурте ВКП(б) историйĕн кĕске курсне вĕренеççĕ. Производствăра та, обществăллă-политикăллă ĕçре те хăйсен активлăхне ăнлăн палăртаççĕ, колхозниксен социализмлă ăмăртăвне организацилесе ертсе пыраççĕ.

Партгруппа партиллĕ-политикăллă ĕçе тата колхозниксене воспитани парас ĕçе вăйлатнипе пиллĕкмĕш бригада алхуçалăх ĕçĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе колхозри ытти бригадăсенчен малта пырать. Çак [illegible] тунă.

Партгруппа ертсе пынипе бригадăри колхозниксем кăçал та çуракине кĕске срокра тата агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх ирттереççĕ. ВКП(б) членĕ Каюмов юлташ, бригадир пулнă май, партгруппорга тачă çыхăнса ĕçлет, колхозниксен ĕçне тĕрĕс йĕркелесе ертсе пырать.

Маларах «Герой» колхозри партбюро фермăри партгруппăна ертсе пырассине лайăхлатни çинчен калаймăччĕ. Ку партгруппа январь уйăхĕнче ĕçлеме пуçларĕ. Группăра тăватă коммунист, вĕсенчен пĕри—аслă конюх, тепри—сысна фермин заведующийĕ, виççĕмĕшĕ—сурăхсем пăхать. Партгруппорг Хамдеев юлташ ветеринари фельдшерĕ пулса ĕçлет.

Партгруппăна тунăранпа вăхăт нумай иртмерĕ пулин те, çак колхозри фермăсенче ĕçсем куллен лайăхланса пыраççĕ. Партгруппа пуçарнипе фермăра хĕрлĕ кĕтес тунă. Унта колхозниксем час-часах пухăнаççĕ, коммунистсем ирттерекен политикăллă калаçусене итлеççĕ, ферма ĕçне лайăхлатасси çинчен сӳтсе яваççĕ. Фермăра ĕçлекенсен вĕренĕвне те лайăх йĕркеленĕ.

Партгруппăсене [illegible]рах çирĕплетни, вĕсен кăрешӳри [illegible]лтарулăхĕпе пуçарулăхне вăйлат[illegible] кирлĕ. Партгруппăсен паха опытне пĕтĕçтерсе сарас, партгруппăсене вĕрентес тĕлĕшпе те парти райкомĕн малашне ытларах тăрăшмалла пулать.

**П. ТИМОФЕЕВ,**
ВКП(б) Чкаловски райкомĕн секретарĕ.

## Парти вĕренĕвĕн хăш-пĕр итогĕсем

Кăçалхи вĕренӳ çулĕ, ытти çулсемпе танлаштарсан, ăнăçлăрах пулчĕ. Вăл парторганизацисем парти вĕренĕвне ертсе пырассине чылай лайăхлатнинчен килчĕ.

Районĕпе илсен, парти вĕренĕвне 767 çынна хутшăнтарнă, вĕсенчен коммунистсем 599 çын. Парти историне вĕренмелли кружоксемпе политшкулсене колхоз председателĕсем 29 çын, ял Совет председателĕсем 18 çын, уй-хир бригадин бригадирĕсемпе ферма заведующийĕсем 146 çын çӳрерĕç.

Районти ертсе пыракан кадрсем—пĕтĕмпе 18 çын—каçхи партшкулта вĕренеççĕ. 41 коммунист аслă тата вăтам шкулсенче заочно вĕренет.

Ялти политшкулсемпе кружоксене вĕренӳ çулĕ вĕçленсе пырать. ВКП(б) райкомĕ итоглă занятисем ирттермелли график туса çирĕплетрĕ. Ун çинчен пропагандистсемпе пуçламăш парторганизацисен пĕрлехи канашлăвĕнче сӳтсе явнă. Кашни кружокăн е политшкулăн итоглă занятийĕнче райком представителĕсем пулаççĕ.

Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен пирĕн районти организацире 189 коммунист. Вĕсемпе теориллĕ калаçусем ирттерекен плана çирĕплетрĕ. Консультацисем канашлăвне ирттертĕмĕр, унта теориллĕ калаçусене мĕнле ирттермеллине сӳтсе явнă.

Халĕ итоглă занятисем 16 кружокра ирттертĕмĕр. Кружокĕсемпе политшкулсенче вĕренĕ юлташсенчен пысăкрах пайĕ вĕренӳ программине ăнăçлă пурнăçланă, харпăр хăй пĕлĕвне нумай ӳстерчĕ. Уйрăмах çак вĕренӳ çулĕнче Маленков ячĕпе тăракан колхозри, МТС-ри, Микоян ячĕпе, Хрущев ячĕпе, Крупская ячĕпе, Жданов ячĕпе, Калинин ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан, «Красное пламя» колхозсенчи политшкулсемпе кружоксем лайăх ĕçлерĕç. Вĕсенче занятисем тăтăшах пулса иртрĕç, вĕренӳ программине пурнăçларĕç.

Парти вĕренĕвĕ лайăхланни çавăнтах та паян курăнать: политшкулсемпе кружоксенче вĕренĕ юлташсенчен политикăллă тата производствăллă активлăхĕ чылай ӳсрĕ. Хальхи вăхăтра колхозсенче, предприятисенче тата учрежденисенче ĕçлекен агитаторсенчен пысăкрах пайĕ—политшкулсемпе кружоксенче вĕреннĕ коммунистсем тата партире тăман активистсем. Сăмахран, Мичурин ячĕпе тăракан колхозри парторганизацин коммунисчĕ В. Борисов юлташ икĕ çул кружокра парти историне вĕренчĕ. Малтанхи çулсемпе танлаштарсан, унăн ӳсĕмĕ пур енчен те палăрать. Вăл производствăра, çавăн пекех обществăллă-политикăллă ĕçре хăйĕн активлăхне ытларах та ытларах палăртать. Ферма заведующийĕ пулса ĕçлеме тытăннăранпа Борисов юлташ сыс[illegible]ĕсем çитĕнтерессипе пысăк пулăшу паркă. Колхоз сысна ĕрчетмелли плана 165 процент тултарчĕ. Фермăра ĕçлекенсем хушшинче Борисов юлташ политикăллă информацисем, калаçусем ирттерет, хаçатри материалсене вуласа, ăнлантарса парать. Вăл колхозниксен пултарулăхне çĕнĕ ĕçсем сарас ĕçре уйрăмах лайăх палăртрĕ. Борисов юлташ заем çинчен ирттернĕ калаçусене пулнă колхозниксем пурте заем çырăнса илнĕ, укçине те çавăн хыççăнах тӳлесе татнă.

Хрущев ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци В. Сергеев коммунист те парти вĕренĕвне ӳссе пырать. Вăл марксизм-ленинизм теорине хавхаланса вĕренет. Кĕнеке юратса тата питĕ тимлĕ вулама, кĕнекепе пĕлсе ĕçлеме хăнăхса çитрĕ. Халĕ унăн хăйĕн библиотекăра 300 кĕнеке ытла. Унăр пуçне унăн В. И. Ленин тата И. В. Сталин сочиненийĕсен мĕнпур томĕсем пур. Тăрăшса вĕренни ăна ĕçре пысăк çитĕнӳсем тума пулăшать. Вăл ертсе пыракан ферма плана ирттерсе тултарчĕ тата колхоза 30 пин тенке яхăн тупăш кӳчĕ.

Хăйĕн идейăллă-политикăллă ӳсĕмне вăйлатас тĕлĕшпе «Канаш» колхоз председателĕ И. Львов юлташ те тăрăшать. Çак çулсенче вăл колхоз хуçалăхне те тĕплĕрех ертсе пыма пуçларĕ. Колхоза организацилесе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетес тесен, колхоз производствинчи тĕрлĕ отраслĕсене вăйлатни кирлĕ. Çакна Львов юлташ лайăх ăнланать. Вăл хăй лăхри резервсемпе пуринпе те усă курма колхозниксен анлă массине мобилизацилет.

Парти райкомĕ, пуçламăш парторганизацисем марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшассине кăçал чылай лайăхлатрĕç. Çак вĕренӳ çулĕнче партккабинетра тата пуçламăш организацисенче 41 лекци, пĕрерĕн пĕчĕк ушкăн валли 241 консультаци ирттернĕ.

Харпăр хăй тĕллĕн вĕренĕ нумай юлташсем вĕренӳ планне пурнăçларĕç. Н. Краснов юлташ (Киров ячĕпе тăракан колхозри колхозник) юлашки икĕ çул хушшинче «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренсе пĕтерчĕ. Вăл вĕренмĕ материала, партипе правительствăн шалти тата тулашри политикине лайăх ăнланать.

Парти вĕренĕвĕ чылай лайăхланчĕ пулин те, кун ĕçре çитменлĕхсем пачах çук тесе калама пултараймастпăр. Районти 48 политшкулпа кружоксенчен пиллĕкĕшĕ вĕренӳ программине пурнăçлаймарĕç. Хăшпĕр политшкулсенче, сăмахран, Доронин ячĕпе тăракан колхозри парторганизацире, программăри материала васкаса вĕренĕ, çавăнпа вĕренӳ пахалăхĕ чакнă. Çак йăнăша халĕ тӳрлетеççĕ: мĕн вĕренмине аса илме ытларах занятисем ирттереççĕ.

Уйрăм коммунистсем, харпăр хăй тĕллĕн вĕреннĕ тесе, хăйсен тивĕçне кирлĕ пек пурнăçласа пымарĕç. ВКП(б) членĕ Муравьев юлташ, сăмахран, çак вĕренӳ çул хушшинче «Кĕске курсăн» икĕ сыпăкне кăна вĕренчĕ.

ВКП(б) райкомĕ, вĕренӳ çулĕ вĕçленнĕ май, парти вĕренĕвĕнчи çитменлĕхсене, çавăн пекех çитĕнӳсене тĕплĕн тишкерсе тухма тăрăшать. Çитĕнӳсене çирĕплетсе хăварни, çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерни çитес вĕренӳ çулне лайăхрах ирттерме пулăшать.

**С. ФЕДОРОВ,**
ВКП(б) Канаш райкомĕн пропаганда пайĕн заведующийĕ.

## Райком пленумĕ суту-илĕве лайăхлатасси çинчен

ВКП(б) Чкаловски райкомĕн черетлĕ пленумĕ районти вĕçĕмлĕхсене тата колхозсене таварсем сутассине лайăхлатасси çинчен сӳтсе явнă.

Районта суту-илӳ организацийĕсен ĕçĕ юлашки çулсенче чылай лайăхланчĕ. Таварсене вакăла панине çулталăк пин тусса пыраççĕ.

Анчах суту-илӳ ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. ВКП(б) райкомĕ çитменлĕх тĕрлĕ тĕрĕслесе тăма пире, суту-илӳ ĕçĕнчи ответлă ĕçченсем чылайăшĕ хăйсен тивĕçĕсене ĕçсене ĕçлесе кирлĕ пек ертсе пымасси çб. Райпотребсоюзăн лавкисем Чăвашпотребсоюз складĕнче базисенчен таварсене вăхăтра илсе килмеççĕ. Иртнĕ çулхи юлашки кварталта кăçалхи пĕрремĕш кварталта промышленноç таварĕсене сутас планне пĕрремĕш тултараймарĕç. Урăхлах таварсене рекре чуклăĕ илсе килмен.

Райпотребсоюз лавкине руководителĕсем вырăнти промышленноçăн таварĕсене хапсăнса кирлĕ пек пулăшмаççĕ, таварсен ассортиментне тĕрлĕ тăвас ĕçре тăтăшах тăрăшмаççĕ. Вĕсенче таварсем мăнтăр кирлĕ мар пусă киле, сутуçăсем хăйсене паха ыйтусене пăхмаççĕ. Пурччĕ халăх таварсем ыйтăвлаççĕ. Çавна пула складсенче магазинсенче кирлĕ таварсем çук пусăсене кăна ытларах çынна пулаçать.

Суту-илӳ ĕçне ертсе пыракан работниксене тата суту-илӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме, таварсем вăхăтра тата çитĕнсе çӳрекен ĕçлени хуçалăхра кирлĕ пек тавар ытлашши кăна çывхарса кирлĕ таварсене илсе килсе суту-илӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерме нумай пачĕ.

ВКП(б) райкомĕн пленумĕ парти организацийĕсене суту-илӳ организацийĕсенче ĕçне тĕплĕн тĕрĕсле тĕллевпе ĕçлеме тата решени йышăнчĕ.

(Хамăр корр.).

## ШКУЛСЕНЧИ ЭКЗАМЕНСЕМ

### Çутă ĕмĕтпе

Тамара Харитонова Шупашкарти хĕр-ачасен 3-мĕш шкулĕнче 7-мĕш «б» класра вĕренет. Вăл, ытти юлташĕсене пулăшса, вырăс чĕлхипе çыру ĕçĕ тĕрлĕ пĕремĕн экзамен тытать.

Вырăс чĕлхипе тата литературăпа вĕрентекен учительница Александра Георгиевна хĕрачасене экзамен мĕнле йĕркепе пуласси çинчен малтан ăнлантарса пачĕ.

Тамара пур предметсемпе те отлично вĕренсе пынă. Сапах та кăштах хумханать. «Çыру ĕçне мĕнле произведени тăрăх çыртарĕç-ши?» тесе шухăшлать Тамара. Çак шухăшпа вăл ирех вăранчĕ. Малашнехи [illegible]

Шкулта Тамара Римма Шапкинăпа тĕл пулчĕ. Вăл пин каларса сакай стена хасатне вулать. Унта 7-мĕш «а» класри Юлия Родионова çырнă «Манăн ĕмĕт» ятлă статьяне кĕртнĕ. Юлия Шупашкарта тăвакан пир-авăр комбинатне пулăсласси çинчен çырать. Вăл, экзаменсене пур предметсемпе те «5» паллă илсе, пир-авăр техникумне вĕренме кĕме ĕмĕтленет, унтан вĕренсе тухса, пир-авăр промышленноçĕнче нумай лайăх ĕçлеме шутлать.

Çак статья Тамарăна та шухăша ячĕ. Мĕншĕн тесен вăл та кăçал кĕркунне пир-авăр техникума вĕренме кĕме ĕмĕтленет.

Звонок пулчĕ. Хĕрачасем пурте класене кĕрсе вырнаçса ларчĕç.

Александра Георгиевна класа экзамен йышăнма уйрăм ассистентпа Елизавете Семеновнăпа пырса кĕчĕ. Класс шăплансан, учительница пан çырмалли çыру ĕçĕн темипе планĕ çинчен каласа пачĕ. Çыру ĕçĕнче Н. Островский çырнă «Тăвалла çуралнисем» романĕ [illegible] Пта[illegible] хĕн [illegible] сăнарне кăтартса памалла.

Тамара тимлĕн çырма тытăнчĕ. Çыру ĕçĕн пуçламăшĕнче эпиграф вырăнне вăл М. Горький «Сокол çинчен юрă» [illegible] çак сăмахсене илсе хучĕ: «Харсăррисен чăрсăрлăхĕ—çапла вăл пурнăç ăслăхĕ!»

Çыру ĕçне Тамара малтан çырса пĕтерчĕ. Анчах ăна вăл учительницăна тӳрех парса памарĕ. Хăй мĕн çырнине тепĕр хут пăхса тухрĕ.

Тамара çырнине экзаменаторсем «5» паллă лартса хакларĕç. Унăн юлташĕсем Риммăпа Юля та çак палăсене илчĕç.

Экзамен результачĕсем çинчен пĕлтерме хыççăн Тамара Юляна тĕл пулчĕ.

— Пир-авăр техникумне каятна вĕренме?—ыйтрĕ вăл унтан.

— Çавăнтах каятăп, экзаменсене пур предметсемпе те отлично пама тăрăшатăп,—терĕ ăна Юля.

Çак сăмахсем Тамарăна каллех шухăша ячĕç. «Тен, манăн та çавăнтах кĕрес мар-ши вĕренме?» шухăш пырса кĕчĕ ун пуçне.

— Каятăп, эпĕ те çавăнтах каятăп вĕренме!—терĕ вăл. Çутă ĕмĕтпе савăнăçлăн килнелле утрĕ.

**Н. АФАНАСЬЕВ.**

### Начар тĕслĕхсем палăраççĕ

СОВЕТСКИ. (Телефонпа). Шкулсенчи экзаменсем расписани тăрăх пулса пыраççĕ. Нумай шкулсенче вĕренӳпе воспитани ĕçне лайăх йĕркелени курăнать.

Этменти пуçламăш шкулти 4-мĕш класра вĕренекен ачасем нумайăшĕ, малтанхи кун вырăс чĕлхипе диктант çырса, лайăх паллăсем илнĕ. 26 ачаран 14 ача—«4» тата «5» паллăсем илме тивĕçлĕ пулнă. Экзамен тытайманни пĕрре те пулман. Советскинчи вăтам шкулти 4-мĕш класра вĕренекенсем (учителĕ А. Орлова юлташ) 29 ачаран 28 ача—«4» тата «5» паллăсем илнĕ, Çавăн пекех Хĕрлĕçырти пуçламăш шкулта та экзаменсем ăнăçлă иртеççĕ.

Çав вăхăтрах хăшпĕр шкулсенче экзаменсен малтанхи результачĕсем начар тĕслĕхсем кăтартса параççĕ. Анаткассинчи пуçламăш шкулти пĕр класра 29 ачаран 23 ача кăна экзамена пынă. Н. Петровская юлташ вĕрентекен класра 27 ачаран çирĕмĕшĕ экзамен тытайман. Мăн Ямашри çичĕ çул вĕренмелли шкулти 5-мĕш класра вĕренекен 34 ачаран 21 ача малтанхи кун экзамен тытайман.

Асăннă тĕслĕхсем ачасене вĕрентес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пулни çинчен калаççĕ. Малашне пур шкулсенче те вĕрентӳ ĕçне лайăхлатма кирлĕ ĕçсене тăвас пулать.

**Н. АНДРЕЕВ.**

### Семинар ирттерчĕç

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Çак кунсенче ял Совет председателĕсемпе секретарĕсен семинарĕ пулса иртрĕ. Унта ял Совечĕсен организациллĕ-массăллă ĕçĕ çинчен район Совет исполкомĕн секретарĕ В. Пуяндайкин юлташ, çул-йĕр строительстви ĕçĕсем çинчен çул-йĕр пайĕн заведующийĕ М. Аброськин юлташ докладсем турĕç.

**В. ЧОБАЙКИН.**

### Радиоузел тăваççĕ

КОМСОМОЛЬСКИ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз правленийĕ кăçал радиоузел тума йышăннă. Хальхи вăхăтра урамсенче юпасем лартаççĕ. Шупашкартан оборудованисем кӳрсе килнĕ. Июнь уйăхĕнче Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсен килĕсенче тата ялти пур учрежденисенче те радио калаçма тытăнать.

**Н. КОЗЛОВ.**

## Совет Правительствин Иран Правительствине панă нота

Майăн 21-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕ А. Я. Вышинский Иран Посолне Арасте господина Совет Правительстви Иран Правительстви патне янă нотăна панă. Ку нотăна кăçалхи апрель уйăхĕн вĕçĕнче Иран Премьер-министрĕ Мосаддык господинпа США-н Иранри Посолĕ Гендерсон господин Америка çĕнĕрен Ирана «пулăшу» текенскерне пама тытăнас ыйтупа пĕр-пĕрин патне çырусем ярса илнĕ пирки çырнă.

Аялалăрахра нота текстне пичетлетпĕр:

«1952 çулхи апрель уйăхĕн вĕçĕнче Иран премьер-министрĕ Мосаддык господинпа США-н Иранри посолĕ Гендерсон господин Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем Ирана «пулăшу» текенскерне парас [illegible] Совет Социализмлă Республикисен Союзĕн Ют çĕршыв ĕçĕсен министерстви Иран Правительстви ака мĕн пĕлтерет:

Пĕр-пĕрин патне çӳлте асăннă çырусене янинчен çакă курăнать: Иранпа США правительствисем пĕр-пĕринпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем Ирана çар ĕçĕ тата укçа енĕпе пулăшу парасси çинчен калаçса татăлса килĕшӳ тунă, Иран правительстви, хăй енчен, çар ĕçĕпе политикăллă ĕçсем енĕпе хăй çине татăклă обязательствăсем илнĕ.

Иранри хаçатсем пĕлтернинчен тата Иран правительствипе США правительствин представителĕсен заявленийĕсенчен çакă курăнать: ку килĕшĕве тунă май Иран Америкăн Иранри çар советникĕсемпе договорсем (контрактсем) тăвас ĕçе çĕнĕрен пуçарма сăмах панă. Çакна пĕр енчен—Иран Çул-йĕр министрĕ Бушехри кăçалхи апрелĕн 27-мĕшĕнче, тепĕр енчен—США Государство секретарĕн заместителĕ Макдермотт апрелĕн 25-мĕшĕнче тунă официальнăй заявленисенче çирĕплетсе каланă. Тата çакă палăрать: Америкăн çар миссийĕ кăçалхи январь уйăхĕнче ĕçleme чарăннăччĕ, Мосаддык господинпа Гендерсон господин пĕр-пĕрин патне çырусем янă хыççăн çав мисси çĕнĕрен ĕçлеме тытăннă, çавăн чухне США-па Иран пĕр-пĕрин хушшинче 1950 çулхи майăн 23-мĕшĕнче çар енĕпе пулăшасси çинчен тата Америкăн Иранри çар миссийĕ çинчен тунă килĕшӳ те çĕнĕрен вăй илнĕ, ăна пурнăçласа пыма çĕнĕрен тытăннă.

Çапла вара, пĕр-пĕрин патне çӳлте асăннă çырусене янинчен тата Иранпа Америка пĕр-пĕрин хушшинче тунă çар килĕшĕвне пурнăçласа пыма çĕнĕрен тытăннинчен Иран правительстви Иран çарне США правительстви контрольне [illegible] пулма пăрахать.

Совет правительстви Иран правительствине çакăн çинчен асăрхаттарма кирлĕ тесе шутлать: Америка пулăшăвĕ текенскерне йышăнма килĕшсе тата çавна май Пĕрлешӳллĕ Штатсем умĕнче çар ĕçĕ енĕпе татăклă обязательствăсем йышăнса, Иран правительстви чăннипе США правительствине унăн агрессиллĕ планĕсене, Совет Союзне хирĕçле плансене, пурнăçлас ĕçре пулăшас çул çине тăрать.

Иран Правительствин çавăн пек ĕçĕсене кӳршĕлле пĕр-пĕринпе килĕштерсе пурăнас йĕркене хирĕçле ĕçсем тесе шутлама тивет, вĕсене урăхла хак пама çук, 1921 çулхи февралĕн 26-мĕшĕнче Совет Союзĕпе Иран пĕр-пĕринпе тунă договора алă пуснă çĕршывсен обязанноçĕ вара пĕр-пĕринпе кӳршĕлле килĕштерсе пурăнмалли йĕркене тытса пырасси тата тĕреклетесси пулать».

Посол нота текстне Иран правительствине пĕлтерме сăмах панă.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Чăваш АССР-ĕнчи врачсене тата медицинăпа фармацевтика енĕпе ĕçлекен ытти работниксене орденсемпе тата медальсемпе наградăласси çинчен

(Юлашки. Пуçламăшĕ ĕнерхи номерте).

«ĔÇРЕ ПАЛАРНАШĂН» МЕДАЛЬПЕ

22. Ольга Васильевна Кораблевăна — Шупашкар хулинчи Чапаевски поселокри больницăн акушеркине.

23. Юлия Лаврентьевна Лаврентьевăна—Шупашкарти ача больницин медицина сестрине.

24. Андрей Петрович Латышева — врача, Чăваш АССР Сывлăх министрĕн заместительне.

25. Перасковья Анисимовна Лебедевăна—Вăрнарти ачасемпе хĕрарăмсен консультацийĕн медицина сестрине.

26. Варвара Гавриловна Лексинăна—Çĕрпӳ район больницин медицина сестрине.

27. Клавдия Федоровна Лисовăна — Тăвай районĕнчи Тĕмер участокĕнчи больница фельдшерне.

28. Анастасия Михайловна Михайловăна—Шупашкар район больницин медицина сестрине.

29. Варвара Михайловна Михайловăна—Вăрнарти ачасен шăмăпа туберкулез санаторийĕн лаборантне.

30. Галия Нигаметзяновна Мухаметзяновăна—врача, Шупашкарти ача çуратмалли çуртăн ординаторне.

31. Вера Никифоровна Мочаловăна — Шупашкарти иккĕмĕш ача амбулаторийĕн медицина сестрине.

32. Агния Николаевна Мясниковăна—фельдшера, Сĕнтĕрвăрринчи спирт завочĕ çумĕнчи фельдшер пункчĕн заведующине.

33. Зоя Георгиевна Никитинăна — Шупашкарти ача çурчĕн врачне.

34. Фекла Николаевна Николаевăна—Шупашкар больницин медицина сестрине.

35. Павел Филиппович Новикова — Тăвай районĕнчи Вырăс Нăрваш больницин фельдшерне.

36. Лидия Михайловна Петровăна — врача, Шупашкарти ача çурчĕн заведующине.

37. Тамара Петровна Петровăна — Чкаловски районĕнчи Патăръел больницин лаборанткине.

38. Степан Петрович Петрова — Шупашкар хулинчи Текстильстрой çумĕнчи сывлăх пункчĕн заведующине.

39. Лидия Архиповна Петуховăна — медицина сестрине, Тăвай районĕнчи сывлăх пайĕн инструкторне.

40. Елизавета Григорьевна Пещеровăна — Шупашкарти пĕррремĕш аптекăн фармацевт-ассистентне.

41. Василий Поликарпович Поликарпова—фельдшера, Чкаловски районĕнчи санитарипе эпидемиологи станцийĕн эпидемиолог помощникне.

42. Мария Захаровна Почейкинăна — Хĕрлĕ Чутай район больницин медицина сестрине.

43. Ирина Прокофьевна Прокофьевăна—Шупашкар хулинчи пĕррремĕш ача яслин медицина сестрине.

44. Анна Трофимовна Седловăна — Комсомольски районĕнчи Хырай-Енелĕнчи трахома пункчĕн медицина сестрине.

45. Минадора Семеновна Семеновăна—Вăрнарти ачасен шăмăпа туберкулез санаторийĕн медицина сестрине.

46. Таисия Платоновна Сергеевăна — Вăрнарти ачасен шăмăпа туберкулез санаторийĕн медицина сестрине.

47. Мария Михайловна Селянкинăна—Хĕрлĕ Чутай район больницин медицина сестрине.

48. Наталия Семеновна Семеновăна — Вăрнар район больницин медицина сестрине.

49. Антонина Михайловна Смирновăна—Сĕнтĕр район больницин медицина сестрине.

50. Анна Степановна Степановăна — Чкаловски районĕнчи Татмăшри фельдшерпа акушер пункчĕн акушеркине.

51. Мария Степановна Титовăна — Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Банново ялĕнчи фельдшерпа акушер пункчĕн акушеркине.

52. Мария Трофимовна Трофимовăна—фельдшера, Вăрнар районĕнчи Çĕн Мелĕшри фельдшер пункчĕн заведующине.

53. Екатерина Ильинична Ундрецовăна—Вăрнар район больницин медицина сестрине.

54. Анна Федоровна Федоровăна — фельдшера, Муркаш районĕнчи санитарипе эпидемиологи станцийĕн санитари врачĕн помощникне.

55. Анастасия Яковлевна Федоровăна—Вăрнар районĕнчи Çаркăлă разъездĕнчи ача яслин медицина сестрине.

56. Вера Федоровна Федоровăна—Сĕнтĕрвăрри район больницин акушеркине.

57. София Андреевна Фоминана — фельдшера, Первомайски районĕнчи Нăрваш Шăхальри фельдшер пункчĕн заведующине.

58. Елизавета Абрамовна Шипуновăна—Шупашкарти санитарипе эпидемиологи станцийĕн врачне.

59. Мария Яковлевна Яковлевăна — Тăвай районĕнчи Тăрмăшри фельдшерпа акушер пункчĕн акушеркине.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ **Н. ШВЕРНИК.**
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ **А. ГОРКИН.**

Мускав, Кремль.
1952 çулхи майăн 15-мĕшĕ.

## Плана срокчен тултарассишĕн

Канашри райпромкомбинат коллективĕ çулталăкри производство планне срокчен тултарассишĕн ăмăртса, çĕнĕ çитĕнӳсем туса пырать. Комбинат пĕррремĕш квартал планне 142 процент тултарчĕ, планран ирттерсе 71 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. Квартал планне ăнăçлă тултарнăшăн промкомбината Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Облпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Апрель уйăхĕнче те плана 125 процент ытла тултарнă.

Халĕ комбинат коллективĕ май уйăхĕнчи плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн кĕрешет. Ăмăртура уйрăмах урапа-çуна тăвакан тата сĕвĕ çĕлекен цехсем малта пыраççĕ. Комбинат халĕ 11 тĕслĕ продукци туса кăларать.

Коллективра стахановецсен шучĕ ӳссĕ пырать. Урапасем тăвакан Ф. Тузанкин уйăхри плана яланах 150—160 процент, сĕвĕ çĕлекен цехра ĕçлекен М. Козлова—150—200 процент тултарса пыраççĕ. Çавăн пекех Р. Арсентьевăпа В. Григорьева юлташсем те ĕçре яланах лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ.

# Строительство ĕçĕсене ăнăçлă организацилессишĕн

Кăçал пирĕн районти колхозниксемпе колхозницăсем Аслă Сталин патне янă çырура тухăçлă тырпул çитĕнтерме пулнипе пĕрлех, общественнăй вылăх-чĕрлĕхĕн йышне тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе те чылай ответлă обязательствăсем илчĕç. Вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатса пырас тесен, вылăх апачĕ хатĕрлес тата витесем тăвас ĕç юлса пынине пĕтерес пулать.

Пĕлтĕр районти колхозсем вылăх витисем тăвас тĕлĕшпе хăшпĕр ÿсĕмсем турĕç. Ĕне, пăру, сысна тата сурăх витисем тумалли плана 116 процент тултарнă. Хăшпĕр колхозсем вара строительство ĕçĕнче паллă ÿсĕмсем турĕç. Сăмахран, Энгельс ячĕпе тăракан колхозра 87 ĕне, 50 пăру, 210 сысна вырнаçмалăх типовой витесем тата ытти çурт-йĕрсем тунă. Çавăн пекех «Знамя коммунизма», «Красное Сормово» колхозсенчи строительсем те аван ĕçлерĕç. Çав вăхăтрах район лаша витисем тумалли плана 84 процент, кайăк-кĕшĕк витисем тумалли плана 54 процент çеç тултарчĕ.

Пĕлтĕрхи ситменлĕхсене шута илсе, эпир кăçалхи строительство сезонне хатĕрленме çак çулăн пуçламăшĕнчех тытăнтăмăр. Пирĕн районти колхозсем кĕркуннерех хĕллехи вăхăтра вăрман хатĕрлемелли плана январĕн 1-мĕшĕ тĕлне йăлтах тултарчĕç. Çакă вăл колхозсене çурт-йĕрсем тума хĕллехи вăхăтра строительство материалĕсем хатĕрлесе турттарма аван майсем туса пачĕ. Иртнĕ çулта вылăх-чĕрлĕх витисем лартма колхозсем 3.200 фестметр строительство материалĕсем хатĕрленĕ пулсан, кăçал вара 6 пин фестметр хатĕрлерĕç.

Строительствăна лайăх йĕркелес тĕлĕшпе Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем паха пуçару турĕç. Ку колхоз вылăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли виçĕ çуллăх плана пур йышши вылăхĕсене те иртерсе тултарнă, фермăсенчен илекен тупăш та чылай ÿснĕ. Вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе колхозниксем кăçал тата анлăрах туса пыма палăртнă. Çакна асра тытса, Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем вылăх апачĕ хатĕрлессине вăйлатма, çĕнĕ витесем тума йышăнчĕç. Вĕсем кăçал типовой проектсем тăрăх 210 пуç вырнаçмалăх сысна вити, 87 пуç вырнаçмалăх ĕне вити, 50 пуç вырнаçмалăх пăру вити, 1.300 пуç вырнаçмалăх кайăк-кĕшĕк вити тума обязательство илчĕç.

Çĕнĕ строительство валли колхозниксем 1.000 фестметр йывăç, 50 кубометр чул, 100 пин кирпĕч, 50 пин саман кирпĕч хатĕрлеме пулчĕç. Çавăн пекех строительство бригадине ÿстерме артель членĕсенчен платниксем, столярсемпе каменщиксем хатĕрлессĕ, строительство ĕçĕсене механизацилессĕ.

Энгельс ячĕпе тăракан артель колхозникĕсем кăçалхи строительство планне Октябрьти Социализмлă Аслă революци 35 çул тултарнă тĕле тултарма йышăннă. Вĕсем районти мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсене 1952 çулта колхозсенче общественнăй çуртсем тумалли плана ăнăçлă тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн социализмлă ăмăртăва сарса яма чĕнчĕç. Çав чĕнĕве районти колхозниксемпе колхозницăсем хапăл туса йышăнчĕç. Кунпа пĕрлех районти строительсем, Сĕнтĕр районĕнчи социализмлă ăмăртăва тухса, кашни колхозра общественнăй çурт-йĕрсем тумалли плана ăнăçлă тултарас тата иртерсе тултарас, йывăç тата вырăнти строительство материалĕсем хатĕрлес, строительство материалĕсене тата фермăсенчи ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе конкретлă обязательствăсем илчĕç.

Колхозниксен обязательствисене шута илсе, ĕçсыни депутачĕсен райсовет исполкомĕн ялпа колхоз строительстви пайĕ кашни колхоз валли проектсемпе сметăсем туса хатĕрлерĕ, строительство материалĕсем тата массăллă кадрсем хатĕрлес ĕçе пысăк пулăшу туса пычĕ.

Чылай колхозсем кăçалхи строительство сезонне лайăх хатĕрленсе кĕтсе илессĕ. Сăмахран, ăмăртăва пуçăраран Энгельс ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кĕске вăхăтрах строительство материалĕсем нумай турттарса кăларчĕç. Халĕ строительство бригади ĕçе тытăнчĕ те ĕнтĕ. «Красное Сормово» колхоз членĕсем кăçал 120 лаша вырнаçмалăх икĕ вите, 300 сурăх вырнаçмалăх пĕр вите тата ытти çуртсем тума пулчĕç. Халĕ вĕсем 1.000 фестметр таран строительство материалĕсем касса хатĕрленĕ. Çавăн пекех Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем лаша, ĕне, пăру тата ытти вылăх çурчĕсем тума 1.200 фестметр йывăç касса хатĕрлерĕç.

Колхозсенче общественнăй çурт-йĕрсем тума пайта йывăç çитеймĕ мар. Çавăнпа та районти колхозсем иртерсе строительство материалĕсемпе хатĕрлемелли тата усă курма тăрăшассĕ. Кăçал районта 300 пин кирпĕч, 210 пин саман кирпĕч, 500 пин çурт çине витмелли турпас, никĕссем тума чул нумай хатĕрлеме палăртнă. Энгельс ячĕпе тăракан колхоз кирпĕч тăвакан агрегат туянать, «Сталинец» тата «Красное Сормово» колхозсенче кирпĕч çапакан станоксем лартнă. Кирпĕч тата саман кирпĕч тума колхозсем çак кунсенчех тытăнассĕ.

Кашни колхозрах аван ĕçлекен строительство бригадисем тунă. Бригадăсем ĕçе пуçăнчĕç. Ялпа колхоз строительстви пайĕ ĕçре пирĕн план тăрăх ĕçлесе пырать. Кашни техника уйрăм участоксем çумне çирĕплетнĕ. Кăçалхи строительство планне ăнăçлă тултарассишĕн эпир мĕн кирлине йăлтах тума тăрăшатпăр.

**П. АНДРЕЕВ.**

**Муркаш райсовет исполкомĕн ялпа колхоз строительстви пайĕн заведующийĕ.**

# Плана иртерсе тултарнă

ОЛЕК. Колхозсем пĕрлешсе пысăкланни общественнăй хуçалăха вăйлатма, вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарма лайăх майсем туса пачĕ. Çакна Шверник ячĕпе тăракан колхоз тĕслĕхĕ те аван çирĕплетсе парать.

Колхозниксемпе колхозницăсем ырми-канми ĕçленипе ялхуçалăх артелĕ общественнăй вылăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли 1952 çулхи плана иртерсе тултарма пултарчĕ. Пур вылăхсене те пĕрле илсе шутлас пулсан, артель халĕ 1.140 пуç ытла вылăх, 1.752 пуç кайăк-кĕшĕк усрать.

Вылăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана иртерсе тултарасси фермăра ĕçлекенсем çамрăк вылăхсене тĕрĕс-тĕкел пăхса усранинчен килнĕ. Акă, сыснасем пăхакан П. Федоровăпа Е. Смирнова юлташсем хăйсене çирĕплетсе панă çичшер сысна аминчен 1951 çулта кашнинчен вăтам шутпа 15,5 çура илсе çитĕнтернĕ. П. Сергеевăпа У. Шашкарова доярккăсем ĕнесенчен пĕрер пăру илсе ÿстернĕ. Вылăхсене вăхăтра чуптарса хăварассине аван йĕркеленĕ.

Фермăсенче çамрăк вылăхсене йышăнас ĕçе аван организациленĕ. Пăрусене, путексене, сысна çурисене çутă, ăшă тата типĕ витесенче усрассĕ. Çамрăк пăрусене силос тата туранă утă çитерессĕ, вĕсене пăспа çемĕçтерессĕ, тăватшар литр сĕт парассĕ, вĕретнĕ, çăнăх шывĕпе тата утă шывĕпе шăварассĕ. Сысна çурисене пĕçернĕ тырă, ислентернĕ комбикормпа туранă утă парассĕ. Сысна çурисем икĕ уйăх çитнĕ тĕле 15—16-шар килограмм таякан пулчĕç.

Колхоз фермисенче нумай çул хушши ĕçлекенсем чылай. Е. Смирнова колхозница вунпиллĕкмĕш çул, П. Сергеева колхозница улттăмĕш çул ĕнесем пăхассĕ, Т. Андреевпа П. Федорова улттăмĕш çул сысна фермичче ĕçлессĕ. Кайăк-кĕшĕк тата лашасем пăхнă çĕрте те улшăнмасăр ĕçлекенсем чылай. В. Михайлов вунпĕрмĕш çул фермăсен заведующийĕ пулса ĕçлет.

Çамрăк вылăхсене лайăх йышăнса, вĕсене тĕрĕс-тĕкел çитĕнтерсе плана тултарма пулăшнăшăн иртнĕ кĕркунне П. Сергеевăпа У. Шашкарова доярккăсене пĕрер пăру, сысна фермичче ĕçлекен Е. Смирновăпа П. Федорова юлташсене вуншар килограмм турттакан виçшер сысна çури, фермăсен заведующийне В. Михайлов юлташа пĕр пăру тата икĕ сысна çури ĕçшĕн хушса панă.

Фермăсенче ĕçлекенсем валли колхоз правленийĕ ултă хаçат, икĕ журнал çырăнса илнĕ. Каçхи вăхăтсенче хаçатсемпе журналсем вулассине йĕркеленĕ. Эрнере пĕрре канашлу пулать. Кунта вылăх-чĕрлĕх пăхакансем умĕнче тăракан ĕçсем çинчен сÿтсе явассĕ.

**С. ТИХОНОВ.**

# Вăрманпромхоз çитĕнĕвĕ

Чăваш АССР Вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан Улатăр вăрманпромхозĕ продукци туса кăлармалли çур çулхи плана срокчен тата иртерсе тултарчĕ. Куллен кирлĕ таварсем туса кăлармалли плана 150 процент ытла тултарнă.

Вăрманпромхоз коллективĕ çулталăкри плана пур ассортиментсем тăрăх та срокчен тултарассишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, ĕçсынисем валли топливо ытларах хатĕрлессишĕн кĕрешет.

**Н. АННЕНКОВ.**

# Сĕт-çу хатĕрлеме мĕн чăрмантарать

КОМСОМОЛЬСКИ. *Çу завочĕн работникĕсем ситлĕксĕр ĕçленине пула,* государствăна сĕт-çу парас ĕçре пысăк чăрмавсем пулаççĕ. *Уйрăмах Аслă Çĕрпÿелĕнчи сепаратор пунктĕнче* йĕркесĕрлĕхсем нумай. Пункт мартăн 13-мĕшĕнче сĕт илме тытăннăччĕ, анчах апрелĕн 13—29-мĕшĕсем хушшинче вăл начар ĕçлемерĕ. Май уйăхĕнче те çавăн пек тĕслĕхсем пулчĕç.

*Пункт заведующийĕ Данилов юлташ сĕтри çăва тĕрĕслессине начар туса пырать.* Хăйшĕн усăллă пултăр тесе, çу тухăçлăхне чакарса кăтартма тăрăшать.

Çу завочĕн директорĕ Захаров юлташ çавăн пек ситменлĕхсене пĕтерме тăрăшмасть.

Государство умĕнчи обязательствăна пурнăçлама колхозсене, колхозниксене лайăх условисем туса памалла.

**С. РОДИОНОВ.**

# *Депутатсен ĕçри пуçарулăхĕ*

*Йĕпреç районĕнчи Кировски ял Совет* территорине Эконом, Пăкăян, Бурсас, Тăрăнвар, Спотара тата Мерчĕк поселокĕсем кĕреççĕ. Ял Советĕнчи поселоксем çултан-çул ÿссе, благоустройстве енĕпе илемленсе пыраççĕ.

Кировски ял Совечĕ—районти малта пыракан ял Совечĕсенчен пĕри. Юлашки çулсенче ял Совечĕ (исполком председателĕ А. Этричев юлташ) хăйĕн организациллĕ-массăллă ĕçне чылай лайăхлатрĕ. Вăл çирĕп плана тăрăх ĕçлет, кашни уйăхрах сесси, исполком ларăвĕсем икĕ хутчен иртерет, хуçалăхпа культура строительстви енĕпе тухса тăракан ыйтусене вăхăтра сÿтсе явать. Кăçалхи çулăн пĕрремĕш кварталĕнче кунта 3 сесси тата темиçе хутчен исполком ларăвĕсем иртернĕ. Сессисемпе ларусенче пурĕ 17 ыйту сÿтсе явнă, йышăннă решенисем çинчен поселоксенчи ĕçсынисене çийĕнчех тĕплĕн каласа панă.

Ял Совечĕн виçĕ яланхи комисси: ялхуçалăх, бюджетпа финанс тата культурăпа сутĕç комиссийĕсем. Вĕсем—ял Совет исполкомĕн чи сывăх помощникĕсем пулса тăраççĕ. Комиссисем яланах исполкома пулăшса, унпа тачă çыхăнса ĕçлеççĕ.

Ял Совечĕ хăйĕн тавра 95 çынран тăракан актив пĕрлештерсе тăрать. Активистсем пурте яланхи комисси членĕсем. Уйрăмах ялхуçалăх енĕпе ĕçлекен яланхи комисси (председателĕ Е. Иванов юлташ) пуçаруллă ĕçлет. Комисси колхоза ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса пыма, вăйлă тырпул çитĕнтерме, йышлă тата тухăçлă вылăх-чĕрлĕх ĕрчетме пулăшать. Çакна пула вĕтĕ Киров ячĕпе тăракан колхоз пур вылăх-чĕрлĕх енĕпе те виçĕ çуллăх плана иртерсе тултарнă. Е. Иванов депутат сĕннипе колхоз кăçалхи çул вылăх-чĕрлĕх йышне татах 8—10 процент таран ÿстерме обязательство илнĕ. Депутатсемпе ялхуçалăх комиссийĕ пуçаруллă ĕçленине пула колхоз кашни çул вăйлă тырпул пухса кĕртет, нумай пыл, çу илет.

*Иртнĕ çулта колхоз тупăшĕ 540 пин* тенке çитнĕ. Кăçал тата ытларах тупăш илме палăртнă. Ял Совечĕ 1952 çулта кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă, 24 пăтран кая мар йĕтĕн вăрри, 30 пăтран кая мар сĕс пухса илме социализмла обязательство илнĕ. Кĕрхи тырăсене çичĕ кун хушшинче, çурхи тырпула 15 кунра пухса кĕртме палăртнă.

Ял Совет депутачĕсем отвеслă участоксенче ĕçлессĕ. Н. Иванов—колхоз председателĕ, И. Будков—колхоз председателĕн заместителĕ, В. Будков—ял Совет исполкомĕн секретарĕ, Я. Емельянов—уйхир бригадин бригадирĕ, И. Волков «Спотара» заводĕнчи турпас хатĕрлекен цех мастерĕ.

Депутатсем хăйсене шанса панă ĕçе лайăх туса, ĕçсынисене производствăра çĕнĕрен çĕнĕ ÿсĕмсем тума хавхалантараççĕ.

— Эпир хамăр суйланă депутатсен ĕçри хастарлăхĕпе савăнатпăр, колхоз ĕçĕнче вĕсем пек пулма тăрăшатпăр,—теççĕ суйлавçăсем.

Ял Совет депутачĕсем пуçарнипе юлашки çулсенче поселоксенче пысăк улшăнусем пулса иртрĕç. Колхоз иртнĕ çулта сĕс завочĕ туса лартнă, киноустановка, хăма çурмалли рама, тĕрлĕ ялхуçалăх машинисем туяннă. Кунтах—пушар деповĕ, столовăй, пекарня çурчĕсемпе вылăх-чĕрлĕх фермисем.

Ял Совет территорийĕнче виçĕ пуçламăш, *çичĕ çул вĕренмелли шкулсем,* виçĕ фельдшер пункчĕ, пилĕк магазин, ачасен сачĕпе ясли, общественнăй мунча, икĕ электростанци, радиоузел, тăватă клуб тата библиотекăсем пур. А. Этричевпа Н. Иванов депутатсем пуçарнипе Эконом *поселокĕнчи колхозниксемпе колхозницăсен килĕсене электрификациленĕ,* И. Волков пуçарнипе Мерчĕк поселокĕнчи ĕçсынисен килĕсене радио кĕртнĕ.

— Эпир хамăр колхоза вăйлатассишĕн, ĕçсынисен пурнăçне пуян та культурăллă *тăвассишĕн хамăр вăя шеллеместпĕр,* суйлавçăсем шанса панă ĕçе чыслă пурнăçлама тăрăшатпăр,—тет ял Совет исполкомĕн председателĕ А. Этричев депутат.

Нумаях пулмасть А. Этричевпа В. Будков депутатсем суйлавçăсем умĕнче ял Совет исполкомĕн ĕçĕсем çинчен отчет туса пачĕç. Пухура суйлавçăсем ял Совет территорийĕнче врач пунктĕ уçма, çичĕ çул вĕренмелли шкул çурчĕн тăррине хăмапа çĕнĕрен витме, ача çуратмалли çурта хăвăртрах туса пĕтерме çĕнĕ наказсем парса хăварчĕç. Халĕ ача çуратмалли çурт валли кирлĕ оборудовани илсе килнĕ. Çитес вĕренÿ çулĕ валли 100 кубометр вутă, шкул çурчĕн тăррине витме çителĕклĕ таран йывăç хатĕрленĕ, кирлĕ чухлĕ укçа уйăрса панă. Поселоксенчи шкул çулне çитнĕ ачасене пурне те вĕренĕве хутшăнтарнă. Хальхи вăхăтра шкул ачисем экзаменсем параççĕ, пысăк пĕлÿлĕх кăтартаççĕ.

Организациллĕ-массăллă ĕçе куллен йĕркелесе пыни, депутатсен ĕçри активлăхне ÿстерни, хуçалăхпа культура строительстви ĕçĕсене ĕçсынни массисене анлă хутшăнтарни—колхоз производствинче çитĕнÿсем тума пулăшать. Колхозниксем уй-хир ĕçĕсене агротехникăллă кĕске вăхăтра туса пынипе пĕрлех, вылăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне çулсерен ÿстерессĕ. Колхоз 1952 çулта государствăна аш-какай памалли обязательствăна чыслă пурнăçланă, иккĕмĕш *квартала сĕт-çу хатĕрлемелли плана* ăнăçлă тултарнă.

Ял Совечĕ нумайранпа вĕтĕ ВКП(б) райкомĕпе райсовет исполкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне хăй аллинче тытса тăрать.

— Пире савăнăçлă та культурăллă пурнăç туса панăшăн аслă çулпуçăмăр Сталин юлташа чун-чĕререн тав тăватпăр,—теççĕ колхозниксемпе колхозницăсем.

**Г. РУСАНОВ.**

*Критикăпа библиографи*

# КИРЛĔ КĔНЕКЕ

Чăваш халăхĕн историне тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе пирĕн историксем юлашки çулсенче активлăрах ĕçleme тытăнчĕç. Чăвашгосиздат нумаях пулмасть П. Г. Григорьев çырнă «1905—1907 çулсенчи революци чăвашсем хушшинче» *) ятлă кĕнеке пичетлесе кăларни те çакна аванах çирĕплетсе парать.

Чăваш халăх историйĕн тĕп тапхăрĕсене, уйрăмах ĕçсыннисен революциллĕ юхăмне тата çав кĕрешÿ большевиксен организацийĕсем ертсе пынипе пулса иртнине тĕпчесе вĕренесси—историксен пархатарлă та кирлĕ задачи. Çавна май çÿлте кăтартнă ыйтăва çутатса паракан кĕнеке тухнине ырламалла.

Автор Чăваш çĕршывĕнчи 1905—1907 çулсенчи революциллĕ юхăма вырăссен пĕрремĕш буржуалла-демократиллĕ революцийĕпе, Россиăри рабочисемпе хресченсем XX-мĕш ĕмĕр пуçламăшĕнче патша йĕркине хирĕç кĕрешме массăллăн çĕкленнипе çыхăнтарать. Вăл Чăваш çĕршывĕнчи ĕçсыннисен революциллĕ кĕрешĕвĕ вырăс пролетариачĕн революциллĕ кĕрешĕвĕнчен вăй илсе пынине, 1905—1907 çулсенчи революцире чăваш ĕçсыннийĕсем патша йĕркине хирĕç, помещиксене, крепосла йĕрке юлашкисене, вăтам ĕмĕрлĕхрен юлнă йĕркесене хирĕç, капитализма хирĕç большевиксем ертсе пынипе кĕрешнине кăтартса парать. Çакă вăл питех те кирлĕ, мĕншĕн тесен чăваш халăхĕн историйĕн тĕп ыйтăвĕсене çутатнă чухне, çав шутра 1905—1907 çулсенчи революци çинчен çырнă чухне те, буржуалла националистсем марксистла-ленинла наукăна хирĕçле шухăшсем сарма тăрăшнă, историри фактсене пăсса кăтартнă, историллĕ документсене хăйсене мĕнле кирлĕ—çавăн пек çутатса панă.

Вырăссен пĕрремĕш революцийĕ вăхăтĕнче Чăваш çĕршывĕнче сарăлнă революциллĕ юхăма 1925—1926 çулсенче тата 1932 çулта чăвашла çырса кăларнă кĕнекесенче уççăнах эсерла-националистла çутатса панă пулнă, хресченсен массисен Чăваш çĕршывĕнчи кĕрешĕвне эсерсемпе националистсем тăрăшнипе сарăлнă кĕрешÿ пек туса кăтартма хăтланнă, вырăс пролетариачĕпе большевиксен организацийĕсен историллĕ рольне юрием палăртмасăр хăварнă.

*П. Г. Григорьев Чăваш çĕршывĕнчи ĕçсыннисен 1905—1907 çулсенчи революци юхăмне сарма вырăс рабочийĕсемпе хресченĕсем пулăшнине, чăваш рабочийĕсемпе хресченĕсен юхăмĕ большевиксен* партийĕн задачисене пурнăçа кĕртмелли çулпа—вырăс буржуазине те, чăваш буржуазине те хирĕç революциллĕ кĕрешес çулпа пынине кăтартнă. «Чăваш халăх массисем,—тет автор,—наци буржуазийĕ ертсе пыма хăтланнине пăхмасăрах, *Вăтаçĕр Россиăри рабочисемпе хресченсен революциллĕ юхăмĕпе ытларах та ытларах пĕтĕçсе, пĕтĕм халăх тăшманне—патша йĕркине хирĕç пĕрле кĕрешнĕ. Çапла пĕтĕçме вĕсене уйрăмах* большевиксен партийĕн революциллĕ программи, большевиксен организацийĕсем активлăн ĕçлени, *вырăс рабочийĕсемпе хресченĕсем* çĕршĕн, сакăр сехетлĕ ĕç кунĕшĕн, демократиллĕ республикăшăн, политикăллă *правăсемшĕн кĕрешни пулăшнă»* (93 стр.).

1905—1907 çулсенчи революци вăхăтĕнче чăваш ĕçсыннийĕсем, пĕтĕм Россия ĕçхалăхĕ пекех, çав тери пуян политикăллă воспитани туянине автор хăйĕн кĕнекинче *анлă çутатнă.*

1905—1907 çулсенчи революциллĕ юхăм промышленность предприятийĕсем пур вырăнсенче—Улатăрта, Шупашкарта, Кăнтăрвара, Звениговски затонра, ялла вырăнсенче — Шĕнерпуçĕнче, Есмĕлте, Апашра, Шахчăрта, Чемейре, Зеленовкăра, Кольцовкăра тата ытти çĕрте уйрăмах вăйлă пулнă.

Чăваш рабочийĕсемпе хресченĕсен 1905—1907 çулсенчи кĕрешĕвне Хусанти, Чулхулари тата Чĕмпĕрти РСДРП комитечĕсен представителĕсем çул кăтартса пынă, ĕçсыннисене кĕрешÿре хавхалантарнă, большевиксен идейисене чăваш халăхĕ хушшине сарнă.

Автор, кĕнеке çырнă май, тĕпчев ĕçĕсем туса, чăваш халăхĕн 1905—1907 çулсенчи кĕрешĕвне тĕрĕс çутатма май паракан, Мускаври, Шупашкарти тата Хусанти тĕп архивсенче упранакан нумай документсемпе тата материалсемпе палăшнă, унсăр пуçне çав çулсенче тĕрлĕ хаçатсенче пичетленнĕ материалсемпе усă курнă. Çапла вара, кĕнекери кашни положенине чăваш халăхĕн çав тапхăрти пурнăçĕнчен илнĕ историллĕ фактсемпе çирĕплетсе панă.

Чăваш халăхĕн XIX ĕмĕр вĕçĕнчи, XX ĕмĕр пуçламăшĕнчи экономикăллă тата политикăллă положенине анлă çутатса, автор 1905—1907 çулсенчи революци мĕнле майпа сарăлнине ĕненмелле кăтартнă. Сăмахран, чăваш хресченĕсен çав вăхăтри питех те йывăр пурнăçне Шупашкар уесĕнчи Шĕнерпуç (Воскресенск) вулăсĕнчи Аслă Кăршка çĕр обществинчи чăваш хресченĕсем çырса пĕлтерни яр-уççăн кăтартса парать: «Пире ку тараччен калама çук хытă хĕсĕрленĕ пирки пирĕн хамăрăн нушасем çинчен пурте илтмелле калама та ирĕк пулман, мĕншĕн тесен кашни утăмрах пире саламатпа çаптарнă, ирĕклĕ сывласа илнĕшĕнех земски начальник, урядник, становой пристав тата çавăн пек ытти пуçлăхсем хăратса тăнă. Эпир хамăр çине тиенĕ куланайсен, хырçăсен тата налогсен йывăрлăхĕ айĕнче асапланса вилетпĕр, мĕншĕн тесен пирĕн хамăра тата çемьесене тăрантарса пурăнмалăх тырă акса тума çĕр çук, пирĕн ачасене вĕрентме шкул çук, çĕре те лайăх ĕçлесе тăраймастпăр» (27 стр.).

Чăваш хресченĕсен пурнăçĕ начар пулни, çавăн пекех тата, чăваш çĕршывĕнче производительнăй вăйсем çителĕклĕ таран аталанманнинчен, ялхуçалăхĕ питех те юлса пынинчен, виçĕ уйлă пусă çаврăнăшĕ пуç пулса тăнинчен те килнĕ. Тырă питĕ начар пулнă, теçеттинран 36—40 пăт кăна тухнă. Пĕрчĕллĕ тырăсенчен чăваш хресченĕсем чи йÿнниссене çеç акнă, тулă пĕрчĕллĕ тырă акнă лаптăкăн 3,4 процентне кăна йышăннă, техникăллă культурăсем пачах акман. Мĕнпур хуçалăхсенчен 96—98 проценчĕ çĕре йывăç суха пуçĕпе сухаланă. Ялти кулаксем çĕр нумай тара илсе, йÿнĕ хакпа тара тытса ĕçлеттерсе, çурмалла актарса, чухăнсене парăмсемшĕн ĕçлеттерсе пуйса пынă, вĕсем хăйсен аллинче çĕр нумай тытса пурăннă, ăна плугсемпе сухалама пултарнă. Чăваш ялĕнче лашасăр хуçалăхсен хисепĕ пысăк пулнă. Шупашкар, Çĕрпÿ, Етĕрне тата Чикме уесĕсенче лашасăр тата пĕр вылăх-чĕрлĕхсĕр хуçалăхсем унти мĕнпур хуçалăхсен 20—23 проценчĕ чухлĕ пулнă. Чăваш хресченĕсем, нумай миллионлă вырăс хресченĕсем пекех, çуклăхпа хĕн-хур тата асап тÿссе пурăннă. Патша чиновникĕсем чăвашсенчен тата ытти вак халăхсенчен тĕрлĕ майсемпе мăшкăласа кулнă. Вĕсене «инородецсем» тенĕ. Пусмăрти халăхсене пĕрперинпе хирĕçтерсе ярса, вĕсене революциллĕ кĕрешÿрен пăрса яма тăрăшнă. Анчах *вырăс халăхĕпе пĕрле помещиксен* крепостла йĕркине хирĕç çĕршер çул хушши кĕрешнĕ чăваш халăхĕ 1905—1907 çулсенчи революцире, Россиăри ытти халăхсем пекех, хăйĕн пурнăçĕнчи тивĕçлĕхсемшĕн, пусмăртан ирĕке тухассишĕн, сутă малашлăхшăн патша йĕркине хирĕç хăватлă кĕрешĕве çĕкленнĕ.

Чăваш хресченĕсем тунă революциллĕ ĕçсене пурне те тенĕ пекех рабочисем ертсе пынă. Ертсе *пыракансем—вырăнти* хресченсем хушшинчен тухнă, унччен нумай çул хушши хуласенче фабрикăра е заводра ĕçленĕ çынсем пулнă. Çав çынсем Чулхулара, Сормоврăра, Хусанта, Самарта, Саратовра, Донбасра, Бакура, уйрăмах *Атăл çинчи пăрахутсемпе баржăсем çинче* пулса, рабочисен пурнăçĕпе тĕплĕн паллашса çитнĕ, патша йĕркине хирĕç кĕрешсе чылай писĕхнĕ. Çакăн пек рабочисем ялпа çыхăнса тăнă, мĕншĕн тесен вĕсен семйисем ялта çĕр ĕçĕпе пурăннă, вĕсем капитализм эксплуатацийĕн йывăрлăхне тата патша чиновникĕсем хĕсĕрленине те тÿссе курнă çынсем пулнă.

Чăваш хресченĕсен пĕр пайĕ çĕр улпучĕсем патĕнче тарçăра ĕçленĕ. Вĕсем те *çĕр улпучĕсен йывăр эксплуатацийĕпе асапне тÿссе пурăннă.*

Тепĕр енчен, хресченсем хушшинчен тухнă рабочисем чылайăшĕ социал-демократсен организацийĕсемпе çыхăнса тăнă. Ун пек рабочисем хушшинчен, сăмахран, *Григорий Димитриев, 1905 çул* вĕçĕнче тата 1906 çулхи февраль уйăхĕнче Апаш, Туçи Апаш тата ытти ялсенчи хресченсен кĕрешĕвне ертсе пынă çын, Атăл тăрăхĕнчи рабочисен социал-демократиллĕ организацийĕсемпе çыхăну тытнă. Вăл Саратовра, Самарта, Хусанта тата ытти хуласенче те пулнă. Çавăн пекех Ассаккасси вулăсĕнчи Карачура çынни Василий Михайлов Чулхулари кирпĕч заводĕнче ĕçленĕ пулнă. Вăл та рабочисемпе çыхăну тытнă, РСДРП-ăн Чулхулари группин прокламацийĕсене яла илсе килсе хресченсене вуласа панă. Çĕмĕртлĕх Чемей çынни Иван Михайлович Моревта Сормоврăри рабочисемпе çыхăну тытса ĕçленĕ, Чулхулари РСДРП организацийĕн Сормоврăри группин прокламацийĕсене ун патне хăйсен ялĕнчен пынă çынсем урлă ярса тăнă тата вĕсене хăй те яла илсе килнĕ. Чăвашсенчен тухнă рабочисем хушшинче большевиксен партийĕн членĕсем те пулнă. Сăмахран, Шупашкар уесĕнчи Анаткас çынни И. Т. Потришев 1905 çулхи революцире чăвашсем хушшинче ĕçленĕ.

1905—1906 çулсенче Шупашкарта, Сĕнтĕрвăрринче, Чикмере, Кăрмăшра социал-демократсен групписене организациленĕ. Çав организацисем халăх хушшинче ĕçленĕ.

И. Г. Григорьев хăйĕн кĕнекинче революциллĕ юхăм уйрăмах вăйлăрах сарăлнă çĕрти событисене тĕплĕн кăтартнă. «Чăваш хресченĕсен требованийĕсем çав вăхăтри событисене ăнланас енĕпе хресченсем чылай мала кайнине, пуринчен ытла çĕр хĕсĕкки тата хресченсен пурнăçĕ начарри мĕнтен килнине халăх ăнланса илнине кăтартса парассĕ» (76 стр.). «1906 çулăн малтанхи çур çулĕнче чăвашпа вырăс хресченĕсем патша йĕркине хирĕç революциллĕ кĕрешни вăйланнă: хресченсем çĕр улпучĕсем патĕнче пачах ĕçleme пăрахнă, часчасах улпутсен тырпулне, çĕрĕсене турта-турта илнĕ, вĕсен çурчĕсене çунтара-çунтара янă, хресченсем пуринчен ытла хысна, удел, улпут вăрманĕсене каснă, куланайсем тÿлемен, вырăнти властьсене итлемен. Çакăнпа пĕр вăхăтрах хресченсем улпутсен, уделăн тата монастырьсен çĕрĕсене конфискацилессишĕн, политикăллă правăсемшĕн тата патша власне сирпĕтсе антарассишĕн кĕрешнĕ.

Патша правительстви рабочисемпе хресченсен выступленийĕсене питĕ хаярăн пусарнă. Пĕтĕм патша Российĕнче, вăл шутра Хусанпа Чĕмпĕр кĕпĕрнисенче те, карательнăй отрядсем, военно-полевой судсем ĕçленĕ». (79 стр.). «Халĕ Чăваш республикине кĕрекен тăватă уесра кăна 1906 çулта 400 салтак ытла тата полицейскисем кашни уесра 100—120 çын пулнă. Халăха çакса вĕлерекен Столыпин Хусан губернаторне 1906 çулхи августăн 6-мĕшĕнче телеграмма ярса, «хĕрхенсе вăйĕпе ĕçлемелле, çапла майпа вăя кăтартмалла» тесе панă директивăна вырăнти начальниксем çине тăрса пурнăçа кĕртнĕ» (86 стр.).

1905—1907 çулсенчи революци поражени тÿсни мĕнтен килнине И. В. Сталин юлташ ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕнче уçăмлăн кăтартса панă. Хресченсем ытла та сапаланса, организациленмесĕр, çителĕклĕ тапанса пымасăр кĕрешрĕç, çавăн та ĕнтĕ революци поражени тÿснин тĕп сăлтавĕсенчен пĕри, тенĕ В. И. Ленин.

1905—1907 çулсенчи революци Россиăри халăхсене, çав шутран чăвашсене те, патша йĕркине хирĕç революциллĕ кĕрешĕве активлă хутшăнтарнă. Чăваш хресченĕсем, патша йĕркине пĕтерсе, халăхсене тата вĕсен культурине аталанма май паракан çĕнĕ йĕрке тума ĕмĕтленни вĕсене çак кĕрешÿре вырăс хресченĕсемпе *рабочийĕсем пулăшса, ертсе пынă.* 1905—1907 çулсенчи революци Россиăри рабочи класпа хресченсене питĕ пысăк опыт тата пĕр-пĕрипе çирĕп союза пĕрлешме никĕс туса панă, çапла майпа 1917 çулхи революци çĕнтерĕвне хатĕрленĕ.

«1905—1907 çулсенчи революци чăвашсем хушшинче» ятлă кĕнеке большевизм историйĕпе теорине вĕренекенсемшĕн *те усăллă. Кĕнекери чылай фактсем*пе, документсемпе политшкулсен пĕрремĕш темине вĕреннĕ чухне, çавăн пекех «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕн» I, II тата III-мĕш сыпăкĕсене вĕреннĕ чухне, *ССР Союзĕн историйĕн çав темине вĕреннĕ чухне усă курма пулать.*

Анчах кĕнекере ситменлĕхсем те пур. Чи малтанах, кĕнеке ячĕ тĕрĕсех марри çинчен каламалла. Унти материалсенче хальхи Чăваш республикине кĕрекен хуласемпе ялсенчи событисене илсе кăтартнă. Вĕсенче чăвашсемпе пĕрле вырăссем, тутарсем, мордвасем тата марисем те пурăнаççĕ. Çавна шута илсе, ăна «1905—1907 çулсенчи революци чăвашсем хушшинче» кăна темелле мар, «1905—1907 *çулхи революци Чăваш çĕршывĕнче»* темелле пулнă. Кĕнекери пайсене заголовоксем памасăр, цифрăсемпе кăна уйăрни те кирлĕ материала хăвăрт тупма май памасть. *Вырăнĕ-вырăнĕпе кĕнеке чĕлхи йывăр. Вăрăм предложенисем час-часах тĕл пулаççĕ,* вĕсене уйăрса, темиçе предложени тунă пулсан, кĕнеке массăллă вулакансемшĕн ăнланмалларах пулнă пулĕччĕ. Пирĕн шутпа кĕнекене тăват-пилĕк ÿкерчĕк те пулин кĕртмеллеччĕ. Вĕсем 1905—1907 çулсенчи революцири событисене лайăхрах кăтартса пама пулăшĕччĕç. Кĕнекере йăнăш çапăнна вырăнсем те çук мар. Акă, сăмахран, Хусан университетĕнче вĕренекен студентăн хушаматне 61-мĕш страницăра Зеленский тенĕ, ытти страницăсенче вара вăл Заленский хушаматпа палăрать. Хăшпĕр событисене автор тарăн анализ тăвайман, фактсене илсе кăтартнипех ирттсе кайнă.

Кĕнекере ытти хăшпĕр ситменлĕхсем те пур пулин те, вăл 1905—1907 çулсенчи Чăваш çĕршывĕнчи революциллĕ юхăма кăтартса паракан кирлĕ произведени пулса тăрать.

Пирĕн шутпа ку кĕнекене вырăсла кăларсан та лайăх пулмаллаччĕ. Кунпа пĕрлех 1905—1907 çулхи революци çинчен калакан материалсене уйрăммăн та пичетлесе кăлармалла. Çак ĕçе чăвашсен чĕлхе, литература тата истори тĕлĕшпе ĕçлекен наукăпа тĕпчев институчĕпе Чăваш АССР-ĕн государство архивĕ тума пултараççĕ.

Чăвашгиз çитес вăхăтрах чăваш халăх историйĕн ытти тапхăрĕсем çинчен те кĕнекесем кăларсан питех те аванччĕ.

**Г. ИШИВАНОВ.**

*) П. Г. Григорьев.—«1905—1907 çулсенчи революци чăвашсем хушшинче. Кĕске очерк». Чăвашгосиздат, 1952 ç. Редакторĕ В. Долгов. Тираж—3.000 экз.

# Н. В. Иванов çинчен кăларнă кĕнеке

Çак кунсенче Чăваш АССР государство издательстви «Чăваш халăхĕн мухтавлă ывăлĕ» ятлă кĕнеке пичетлесе кăларчĕ. Кĕнекере чăваш литературин классикĕ К. В. Иванов поэт çинчен унăн тăванĕсем каласа панисене тата юлташĕсем аса илнисене пĕрле пухса пичетленĕ. Кĕнеке поэтăн кун-çулĕпе унăн творчестви çинчен çырнă умстатьяна уçăлать. Умстатьяна В. Долгов çырнă.

Кĕнекере çавăн пекех «Нарспи» авторне К. В. Ивановa хисеплесе чăваш поэчĕсем çырнă сăвăсем пур. Чăваш халăх поэчĕ Н. И. Шелепи çырнă «Чăваш шăнкăрчĕ», Чăваш халăх поэчĕсем С. Эльгер, П. Хусанкай, Я. Ухсай тата Стихван Шавли поэт çырнă сăвăсем пичетленнĕ.

Çĕнĕ кĕнекере К. В. Иванов портречĕ, унăн ашшĕпе амăшĕн портречĕсем те пур.

Кĕнекере 88 стр., тиражĕ 2.000 экз. Хакĕ 90 пус.

# Тĕнчери халăхсем Америка агрессорĕсен тискер ĕçĕсене—Корейăра тыткăнри çар çыннисен юнне тăкнине хирĕç протестлеççĕ

### Китай Халăх Республики

ПЕКИН, майăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Америка агрессорĕсем Кочжедо утравĕ çинче Корейăпа Китайăн тыткăнри çар çыннисен юнне тăкнă пирки Китайри хаçатсем нумай çыраççĕ.

«Гуанминжибао» хаçат хăйĕн уставçăнче çапла çырать: «Америка агрессорĕсен тискер ĕçсем туни, вĕсем Китайпа Корейăн тыткăнри çар çыннисене вĕлерни, уйрăмах Кочжедо утравĕ çинче тыткăнри çар çыннисем тĕлĕшпе тунă преступленилĕ ĕçсем Америка агрессорĕсен чăн-чăн сăн-сăпатне пытарса тăракан маскăна сирсе пăрахрĕç, çав агрессорсен «этемлĕхе хисепленни» тата «цивилизаци принципĕсене пурнăçласа пыни» çинчен ибĕлниттенсе калани тăрă шыв çине кăларчĕç».

Тыткăнри çар çыннисене хĕсĕрленине Колсон генерал йышăннă пирки çырса, хаçат çапла палăртать: çавăн пек йышăнни вăл Кочжедо утравĕ çинчи тамăка пытарса тăмалли чаршавăн пĕр кĕтесне çеç уçать, Америка империалисчĕсем хăйсен Корейăри агрессийĕ вăрçинче тăвакан питĕ тискер преступленисен пĕр пĕчĕк пайне çеç тăрă шыв çине кăларать. Анчах çавăн пек йышăнни те Америка агрессорĕсем гитлерла фашистсенчен те хаяртарах тата нимĕн хĕрхенмен çынвĕлерекенсем пулнине тĕнчери халăхсене кăтартса парать, тесе çырать «Гуанминжибао» хаçат.

### Польша

ВАРШАВА, майăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăпа Китайăн тыткăнри çар çыннисене вĕлерекен Америка империалисчĕсене Польшăри предприятисемпе стройкăсенчи, учрежденисемпе шкулсенчи, пин-пин ĕççынни питĕ тарăхса питлеççĕ.

Польшăри общественноçăн шухăшне палăртса, Польшăри профсоюзсен Центральнăй Совечĕн органĕ «Глос працы» хаçат çапла çырать:

«Кочжедо утравĕ çинче пулса иртнĕ ĕçсем вĕсем империалистсем тăвакан пĕтĕм преступленисен çĕнĕ сыпăкĕ пулса тăрать. Америка империалисчĕсем Корея халăхне, хăйĕн никама пăхăнманлăхне паттăр хӳтĕлекен халăха чума, холера тата тиф чирĕсем сарса вĕлерсе пĕтерме тăрăшаççĕ. Çак преступление Германи фашисчĕсен çарне çĕнĕрен пухакан тата çынсене çĕнĕрен ытларах та ытларах вĕлерме чĕнекен çынсем тунă. Вĕсен преступленийĕ этемлĕх тăшманĕсем—çынсем вилнипе пуякан тăшмансем — тăвакан преступлени пулса тăрать.

Кочжедо утравĕ çинчи ĕçсем тĕнчере пуç пулса тăма ĕмĕтленекен, халăх юнне тăкакан империализмăн маскине сирсе пăрахаççĕ: ку событисем миршĕн кĕрешес ĕçе вăйлатма чĕнеççĕ.

Америка преступникĕсене хирĕç кĕрешмелли пĕрлĕхлĕ фронтра, миршĕн кĕрешмелли пĕрлĕхлĕ фронтра тĕнчери тӳрĕ кăмăллă мĕнпур çынсем тачă пĕрлешнĕ. Империалистсен пусмăрĕ айĕнчи çынсем хăйсем пысăк вăй-хăвачĕ пулнине, вĕсен вăйне никам çĕнтерме пултарас çуккине кăтартса пачĕç, тесе çырать хаçат.

### Болгари

СОФИЯ, майăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). «Работническо дело» хаçат «Америка агрессорĕсен Корейăри тискерлĕхĕ» ятлă уставçăнче çапла çырать:

Америка агрессорĕсем икĕ çул хушши ĕнтĕ Корейăра хăйсен тискер ĕçĕсене тăваççĕ, Корейăн паттăр халăхĕн çĕнĕ юнпа юн тĕрлетеççĕ. Тыткăнри çар çыннисен Кочжедо утравĕ çинчи лагерĕсенче пулнă ĕçсем Америка варварĕсен тискер сăн-сăпатне çĕнĕрен тăрă шыв çине кăларчĕç. Гитлеровецсем вырăнне пыракан американецсем халĕхи вăхăтра ĕлĕк гитлеровецсем Освенцимпа Майданекри концентрациллĕ лагерĕсенче тунă тискер ĕçсене малалла туса пыраççĕ. Анчах вĕсем ку ĕçе тата анлăрах сарнă, вĕсем татах та тискертерех ĕçсем тăваççĕ. Кочжедо утравĕ Америкăн Майданекĕ пулса тăнă. Унта Корейăпа Китайăн тыткăнри çар çыннисене питĕ тискеррĕн асаплантараççĕ. Чумапа тиф чирĕсене çынсене ертсе сăнаса пăхнине пула, çавăн пек преступленилĕ ĕç тунине пула, тыткăнрисенчен темиçе пин çын вилнĕ.

Америка çынвĕлерекенĕсен тĕллевĕ çапла: вĕсем Корейăпа Китайăн тыткăна лекнĕ паттăр ывăлĕсене тонидан хăйсен аллинче тата Корея халăхне сутнă Ли Сын Ман аллине парасшăн, çав çынсене хăйсен халăхĕсене хирĕç вăрçа хĕртсе ямалли, вилсе пĕтмелли салтаксем тăвасшăн.

Анчах ниăпле хаярлăхпа тискерлĕх те Америка агрессорĕсене пулăшмĕ. Корейăн асла халăхĕ Америка интервенчĕсем Корея халăхне парăнтарма тата Корейăран колони туса хума хăтланнисене пурне те çапса аркатĕ. Корея халăхне никам та çĕнтерме пултараймасть. Вăл Америка тапăннине хирĕç кĕрешнĕ вăхăтра пĕтĕм тĕнчери тӳрĕ кăмăллă мĕнпур çынсем ун майлă тăраççĕ.

Америка варварĕсем гитлеровецсенчен те хаяртарах тата ирсĕртерех. Америка варварĕсем Корейăпа Китай патриочĕсене гитлеровецсенчен те тискертерех меслетсемпе хĕсĕрлеççĕ. Корейăпа Китай патриочĕсем хăйсен тăван çĕршывне хирĕç пыма тата вĕсен палачĕсем хушнă тăрăх хăйсен халăхĕсене хирĕç çапăçма килĕшмеççĕ. Вĕсем унпек тăвиччен вилме хатĕр.

Америка вăрă-хурахĕсем Кочжедо утравĕ çинче тискер ĕçсем тунă пирки мире юратакан халăхсем хытă тарăхрĕç. Мире юратакан мĕнпур халăхсемпе пĕрле Болгари халăхĕ те Америка агрессорĕсен Корейăри преступленилĕ ĕçĕсене питлет, тесе çырать юлашкинчен хаçат.

### Румыни

БУХАРЕСТ, майăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Америка интервенчĕсем Кочжедо утравĕ çинче тискер ĕçсем тунине хирĕç Румынири ĕççыннисем питĕ тарăхса протестлеççĕ. Бухарестри хаçатсем çинче ĕççыннисем тарăхса протестлесе çырнă статьясем, резолюцисем тата çырусем нумай пичетленеççĕ.

«Скынтейя» хаçат «Америка фашисчĕсене преступленилĕ ĕçсем туса чармалла!» ятлă уставçăнче çапла çырать:

Америка захватчикĕсем Кочжедо утравне вилĕм утравĕ туса хуни, унта вĕсем питĕ тискер ĕçсем туни çинчен пĕлтерекен хыпар пĕтĕм тĕнчери çынсене тарăхтарчĕ, пур çĕршывсене те çав тискер ĕçсене хирĕç протестлеме тытăнчĕç. Американецсем Корейăра тăвакан преступленисене пĕтĕм тĕнчери миршĕн тăракан миллионшар çынсем хăйсен çемйисен умĕнче, хăйсен государствисенчи халăхсем умне тӳрремĕнех туса тăнă хăрушлăх пек туйăнать. Американецсем Корейăра тискер ĕçсем туса халăх чарма [illegible] ыйтнипе пĕрлех, ĕççыннисем хăйсен сыхлăхне ӳстереççĕ, Америка империалисчĕсен ирсĕр планĕсене путлантарса ларттарасшăн кĕрешме хăйсен вăйĕсене ӳстерсе пыраççĕ.

Пĕтĕм тĕнчери мĕнпур прогрессивлăй вăйсемпе пĕрле Румыни халăхĕ те Корейăна паттăр хӳтĕлекенсемпе тăванла пĕр шухăшлă пулнине, вĕсене хĕрӳллĕн юратнине палăртать. Румыни халăхĕ Америка варварĕсене Корейăра тискер ĕçсем туса чарма, мирпе прогрессăн хаяр тăшманĕсене—Америка преступникĕсене, чумапа холера чирĕсене саракансене хытă айăпласа наказани пама ыйтать.

## Америка командованийĕ халĕ те тыткăнри çар çыннисене хĕсĕрлет

НЬЮ-ЙОРК, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Америка командованийĕ Корея Халăх çарĕпе Китай добровольцĕсен çарĕн тыткăнри çыннисене ушкăнĕ-ушкăнĕпе вĕлерсе пытарса тăраймасть. Тыткăнри çар çыннисене хытă хĕсĕрленине, ушкăнĕ-ушкăнĕпе асаплантарнине тата вĕлерсе пĕтернине хирĕç, тыткăнри çынсене «хăйсен ирĕкне ыйтса тавăрса ямалли» (чăннипе вĕсене Америка империалисчĕсен чурисем туса хумалли) тата ирĕксĕрлесе «суйласа илмелли» (çыпласа илсе Ли Сын Ман çарне тата Чан Кай-ши çарне илмелли) йĕркесене хирĕç протестлесе, Америка лагерĕсенчи çынсем [illegible].

Паян Америка агентстви 8-мĕш çар штабĕ пĕлтерни пичетленсе кăларнă. Унта тыткăнри çар çыннисем протестлени çинчен кăтартса панă. Кочжедо утравĕ çинчи тыткăнри çар çыннисем хушшинче икĕ пăлхав — майăн 16-мĕшĕнче 17-мĕшĕнче пулнă.

Америкăн 8-мĕш çарĕн штабĕн пĕлтерĕвĕнче çапла каланă: Кочжедо утравĕ çинчи [illegible] тыткăнри çар çыннисем [illegible] çынсем [illegible] ратнă». Пĕлтерӳре врачсене госпитальре ĕçлекенсем апат-çимĕç лайăхлатма ыйтса требовани парни çинчен асăннă.

Пĕлтерӳре каланă тăрăх, тепĕр «хирĕçӳ» çапла пулнă: Кочжедо утравĕ çинчи лагерĕн пĕр пайĕнче хупса усракан 400 хĕрарăм пăлханă, вĕсем те хăйсен требованийĕсене кăларса тăратнă. Тыткăнри çар çыннисен требованийĕсене тивĕçтермен, тесе пĕлтернĕ 8-мĕш çар штабĕ.

Кунсăр пуçне, Америкăн 8-мĕш çарĕн штабĕ тыткăнри çар çыннисене усракан тепĕр лагерьте—Пусан çывăхĕнчи лагерьте—1.600 çын хутшăннă пăлхав пулни çинчен кăтартса пысăк пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă. Пĕлтерӳ текстĕнче [illegible] лагерь хуралĕсем [illegible] пăлхава пуçарнисене тата [illegible], анчах [illegible]. Америкăн 8-мĕш çарĕн штабĕ çапла пĕлтерет: тыткăнри çар çыннисем «лагерьте харкашнине» [illegible] тыткăнри çар çыннисен пăлхавне пусарнă чухне [illegible] 85 çынна амантнă».

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтерет: Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем пур фронтсенче те Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç халичченхи вырăнсенчех оборонăра тăрса çапăçнă, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине нумай пĕтернĕ.

Хĕвеланăçĕнчи çыран районĕнче Халăх çарĕн çыранри артиллери чаçĕсем тăшман салтакĕсем ларса пыракан пĕр карапа шыва путарнă тата тепĕр карапне пысăк сиен кӳнĕ. Çав карапсем Нампхо хули патĕнче çыран хĕррине çывхарнă, унтан вĕсем мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине тупăсемпе пеме хăтланнă.

Паян зенитнăй чаçсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтаксем тăшманăн çичĕ самолетне персе ӳкернĕ, тăватă самолетне сиенленĕ. Çав самолетсем унччен, ытти самолетсемпе пĕрле, тылри халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине бомбăсем пăрахнă тата пулеметсенчен пенĕ.

### АНГЛИРИ ОБЩИНĂСЕН ПАЛАТИНЧЕ КОРЕЯ ПИРКИ ПУЛНĂ ЫЙТУ

ЛОНДОН, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Общинăсен палатинче паян лейбористсенчен хăшпĕрисем Корейăри калаçусене американецсем чарса пынă пирки—Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен çарĕн тыткăнри салтакĕсен чылай пайне каялла тавăрса пама килĕшмен пирки — хăйсем кăмăлсăр пулнине палăртнă.

Сидней Силвермэн лейборист: Тĕнчери Хĕрлĕ Хĕрес комитечĕн комиссийĕ çырнă докладран Кочжедо утравĕ çинче тыткăнри çар çыннисенчен вĕсен «шухăшне ыйтса пĕлни» текенскерне пулеметсемпе персе вĕлерессипе хăратса туни паллă пулчĕ, тесе уйрăмах палăртнă. «Хĕçпăшаллă салтаксем лагере пырса кĕнĕ, унта тыткăнри çар çыннисене ирĕксĕрлесех тĕпчеме уйрăм ушкăнсене уйăрнă. Çакă ĕнтĕ, ыйтса пĕлес ĕçе тĕрĕс йĕркепе туса ирттернĕ тесе калани суя пулнине пĕтĕмпех тăрă шыв çине кăлармасть-и вара?»—тенĕ Силвермэн.

### АМЕРИКА ГЕСТАПОВЕЦĔСЕН ТИСКЕРЛĔХЕ ÇИНЧЕН АМЕРИКĂРИ ХАÇАТСЕМ МĔН ÇЫРАÇÇĔ

ВАШИНГТОН, майăн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Кочжедо утравĕ çинче тыткăнри çар çыннисене тискеррĕн хĕсĕрленине Колсон генерал йышăнни США-ри политикăллă ĕçри çыннисене аптратса ӳкернĕ, кун пирки буржуалла хаçатсем нумай шавлама тытăннă.

Америкăри политикăллă деятельсемпе *реакциллĕ шухăшлă* хаçатсем Китайпа Корейăн тыткăнри çар çыннисем хăйсене хăюллă тытни, тыткăнри çынсем тĕлĕшпе преступленилĕ ĕçсем тунисене Колсон генерал йышăнни тата вăл Америка палачĕсен преступленилĕ тискер ĕçĕсене чарса лартма обязательствăсем илни Пĕрлешӳллĕ Штатсене Азире «хисеплессине» пĕтерсе лартнине тата çавна пула пĕтĕм тĕнчере Пĕрлешӳллĕ Штатсем пирки усал сăмах саралнине çав тери тарăхса палăртаççĕ.

«Таймс-геральд» хаçат: «Кочжедо утравĕ çинчи тыткăнри çар çыннисем Пĕрлешнĕ нацисен çарĕпе Пĕрлешӳллĕ Штатсене мăшкăла кĕртсе ӳкерчĕç», тет. Хаçат Америка влаçĕсем Кочжедо утравĕ çинче преступленисем тунăшăн мар, çав преступленисем çинчен пурне те пĕлтернĕшĕн тарăхса çырать.

Хаçатсен *обозревателĕсем* Болдуин, Пирсон тата ыттисем те Кочжедо утравĕ çинче пулнă ĕçсем США-на Инçет Хĕвелтухăçĕнче хисеплессине нумай сиен кӳчĕç, тесе çыраççĕ.

«Нью-Йорк таймс» хаçат, США-ри влаçра тăракан, пуринчен агрессиллĕрех çынсен шухăшне палăртса, тыткăнри çар çыннисене çĕнĕрен хĕсĕрлесе хĕн кăтартма ыйтать. «Хăвăртрах çĕнĕрен йĕркелĕх тăвасси халĕ пурнăçламалли пĕртен-пĕр ĕç пулса тăрать», тесе çырать хаçат. Тыткăнри çар çыннисене хĕсĕрленине, вĕсен юнне тăкнине хаçат тĕрĕс ĕç тесе шутлать пулсан, вăл «йĕркелĕх тăвасси» çинчен каланă чухне мĕне асра тытнине ăнланса илме йывăр мар ĕнтĕ.

### АМЕРИКА ВЛАÇĔСЕМ ПОЛЬ РОБСОНА ХĔСĔРЛЕÇÇĔ

НЬЮ-ЙОРК, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Нумай пулмасть Канадăри металлоруднăй промышленноçри горнякcен тата плавильщиксен профсоюзĕ Поль Робсона Ванкувера пыма, нациллĕ профсоюз съездĕн делегачĕсем валли концерт пама чĕннĕ пулнă. Анчах та Америка влаçĕсем Поль Робсона Канадăна тухса кайма чарнă.

Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, майăн 18-мĕшĕнче профсоюз Канадăпа Америка хушшинчи чикĕре митинг ирттернĕ. Унта 4.5 пин çын пулнă. *Митинга пухăннисен* умĕнче, чикĕн тепĕр енче туса лартнă трибуна çинчен, Поль Робсон юрланă. Унăн сассине громкоговорительсемпе вăйлатса пурне те илтĕнмелле тунă.

# Пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мире юратакан Германишĕн!

## Демократиллĕ Германири Нациллĕ фронтăн Нациллĕ Совечĕн чĕнĕвĕ

БЕРЛИН, майăн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Берлинра Демократиллĕ Германири Нациллĕ фронтăн Нациллĕ Совечĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта Халăх Палатин председателĕ Иоганнес Дикман, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь, премьер-министр заместителĕ Отто Нушке тата Хĕвеланăç *Германин нумай представителĕсем пулнă.*

Ларура Бонри правительство çывăх вăхăтра хĕвеланăçĕнчи державăсемпе тăвакан милитаризмла «пĕтĕмĕшле договор» çине алă пусма шутланă пирки Германире политикăллă лару-тăру йывăрланни çинчен сӳтсе явнă тата наци умне тухса тăнă питĕ пысăк хăрушлăха хирĕç пĕтĕм нимĕç халăхĕн кĕрешĕвне вăйлатас тĕлĕшпе решенисем йышăннă.

Нимĕçсем пĕр-пĕрне ăнланса илмелле тăвассишĕн тата тĕрĕслĕхлĕ мирлĕ договор тутарассишĕн кĕрешекен конгресс президиумĕн представителĕ ларура пысăк доклад тунă. Докладра çакна кăтартса панă: Бонри правительство хатĕрлекен милитаризмла «пĕтĕмĕшле договор» Хĕвеланăç Германирен хĕвеланăçĕнчи империализмла державăсен колонийĕ тата мирпе демократи лагерĕнчи çĕршывсене хирĕçле вăрçă плацдармĕ туса хурать. Çав договор Германи пайланса тăнине ĕмĕрлĕхе çаплипех хăварать, Хĕвеланăç Германири халăхăн демократиллĕ прависене пĕтĕмпех пĕтерет тата Хĕвеланăç Германире çар диктатури режимĕ (йĕрки) туса хурать.

Унтан Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь пысăк доклад тунă.

Демократиллĕ Германири Нациллĕ фронтăн Нациллĕ Совечĕн ларăвĕнче нимĕç халăхне чĕнсе калани йышăннă. Чĕнӳре çапла каланă:

Нимĕçсен мĕнпур патриочĕсемшĕн пĕрлешсе кĕрешмелли сехет çитрĕ! Кирек кам та, халĕ вăл иккĕленсе тăрать пулсан, нимĕç халăхĕн ыран шутсăр нумай инкексем курмалла пулнăшăн айăпа хăйĕн çине илет!

Аденауэр преступленисем тунă пирки нимĕçсен мĕнле патриочĕ тарăхмасăр тăма тата çав преступленисене хирĕç кĕрешмесĕр тăма пултартăр?

Ют çĕршыв çыннисем хушнипе Аденауэр пирĕн юратнă тăван çĕршыва ĕмĕрлĕхех пайланнипех хăварасшăн. Вăл Германин авалхи тăшманĕсен—юнкерсен, концернсемпе банксем тытакан хуçасен влаçне, Германие икĕ хутчен пĕтĕмпех арканасси патне илсе çитернĕ, пирĕн халăхшăн хăрушă телейсĕрлĕх кӳнĕ влаçа тепĕр хут туса хурасшăн. Вăл Корейăра бактериллĕ вăрçă пуçарнă пирки ĕмĕрлĕхе намăса лекнĕ Риджуэй генерал) Америка империализмĕн Хĕвеланăç Германири колонийĕн генерал-губернаторĕ пултăр тесе тăрăшать. Вăл Германи историйĕнче наципе хисеплĕхрен кăларас тĕлĕшпе пулнă чи ирсĕр ĕçсене тепĕр хут тăвасшăн: нимĕçсене сутасшăн. Çав нимĕçсен халĕ *вара Америкăри доллăр королĕсен* интересĕсемшĕн вилме тивет. Аденауэр империализмла агрессие Урала çитиччех сарма ухмахла плансем тăвать, çав агрессиллĕ ĕçе хутшăнма ĕмĕтленет тата вăл нимĕçсем пĕр-пĕрне хирĕç çапăçмалли, тăванпа тăван пĕр-пĕрне вĕлерсе пĕтермелли вăрçă пуçласшăн. Аденауэрăн милитаризмла «пĕтĕмĕшле договор» тăвас политикине пула ĕнтĕ, халех американецсем хушнă тăрăх, Германири вонăсен чиккисенче провокациллĕ ĕçсем, саботаж тăваççĕ, вут тивертсе çунтараççĕ, миршĕн кĕрешекенсене вĕлереççĕ.

Чĕнӳре çакна уйрăмах палăртнă: Совет Союзĕ тăватă держава тĕрĕслесе тăнипе пĕтĕм Германири суйлавсене ирттерме тата Германипе мирлĕ договор тума сĕнӳсем пачĕ. Çав сĕнӳсем нимĕç халăхĕ умĕнче нимĕçсем пĕр-пĕринпе мирлĕ килĕшӳ тумалли, Германире тата пĕтĕм тĕнчере мирлĕ пурнăç туса хумалли çула уçса параççĕ.

Демократиллĕ Германири Нациллĕ фронтăн Нациллĕ Совечĕ Демократиллĕ Германи Республикинчи халăха хăйĕн демократиллĕ çĕнтерĕвĕсене хӳтĕлеме хатĕр пулма, хăйĕн тăван çĕршывне империалистсен вăрçă чĕртме хĕтĕртекенĕсем тапăннинчен хĕçпăшалпа хӳтĕлес ĕçе организацилеме чĕнет.

Нациллĕ фронтăн Нациллĕ Совечĕ Хĕвеланăç Германири халăха чĕнсе каланинче Бонри правительство наципе хирĕçле милитаризмла политика тытса пынă пирки Демократиллĕ Германи Республикине алла хĕçпăшал тытса хӳтĕлеме кирли çинчен калать, çавна май Хĕвеланăç Германири халăха пĕтĕм нимĕç халăхĕпе пĕрле Аденауэрăн вăрçă планĕсене путлантарса лартассишĕн кĕрешме, нимĕçсем хушшинче мирлĕ майпа килĕшӳ туса пĕтĕм Германири суйлавсене ирттерессишĕн тата Германипе мирлĕ договор тутарассишĕн кĕрешме чĕнет.

Чĕнĕвĕн юлашки пайĕнче Демократиллĕ Германире Нациллĕ фронтăн Нациллĕ Совечĕ нимĕç халăхĕн нациллĕ интересĕсене хӳтĕлессишĕн кĕрешекенсем, вĕсен мировоззренийĕ тата политикăллă шухăшĕ кирек мĕнле пулсан та, патриотла ĕç тунине ырлани çинчен пĕлтерет.

## Агрессиллĕ вăрçă хатĕрлес тĕллевпе

ПАРИЖ, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Европăри улттă государствăн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем Парижа канашлăва пухăннă. Унта вĕсем «Европа çарĕ» текенскерне тăвас тĕлĕшпе канашлаççĕ. Çак канашлу пирки Франципи хаçатсем нумай çыраççĕ.

Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, майăн 9-мĕшĕнче Парижра çав улттă çĕршыв делегацийĕсен пуçлăхĕсем «Европа çарне» тăвасси çинчен çырнă договорăн проекчĕ çине малтанлăха (хăйсен ячĕсемпе хушамачĕсен малти саспаллисене лартса) алă пуснă. Халĕ вара ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен малтан калаçса таталайман хăшпĕр ыйтусене йĕркелемелле те договор çине алă пусмалла, кайран çав договора тивĕçлĕ çĕршывсен парламенчĕсем çирĕплетмелле.

Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕнче «Европа çарĕн» органĕсем ăçта пулмалли çинчен, договор мĕн чухлĕ сроклăха пулмалли çинчен тăракан тата ытти хăшпĕр ыйтусем пирки пĕр-пĕринпе тавлашнине Парижри хаçатсем палăртаççĕ.

Çав çара организацилекенсем договор çине хăвăртрах алă пусма васканине уйрăмах палăртмалла. «Европа çарне» тума йышăнни Хĕвеланăç Германие хĕçпăшаллантарнине пытарса тăма тата ăна Атлантика блокне кĕртес ĕçе хатĕрлеме пулăшмаллине шута илсен, вĕсем мĕншĕн хытă васканине ăнланса илме йывăр мар. Хĕвеланăçĕнчи державăсем хăйсен юратнă политикипе—малтан ĕçе туса хурас, кайран тин ун çинчен пĕлтерес политикăпа—усă курма тăрăшнине, вĕсем ССР Союзĕ пĕрлешнĕ Германипе мирлĕ договор тăвасси çинчен панă сĕнӳсене хирĕçле ĕç тунине буржуалла «Монд» хаçат та йышăнать.

Çавăн пек хăтланнине тăрă шыв çине кăларса, «Юманите» хаçат çакна палăртать: «Европа çарне» тăвас ĕçе пуçаракансем, канашлу хыççăн канашлу ирттерсе, «Совет Союзĕ сĕннĕ калаçусем, Франципе те, Великобританипе те, Германипе те общественноçăн пысăкрах та пысăкрах пайĕ ирттерме ыйтакан калаçусем пуличчен маларах хăйсен ĕçне тума шутлаççĕ».

### МИРШĔН ТĂРАКАНСЕН ПĔТĔМ ПАКИСТАНРИ КОНФЕРЕНЦИЙĔ

КАРАЧИ, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 17-мĕшĕпе 18-мĕшĕнче Лахор хулинче миршĕн тăракансен Пĕтĕм Пакистанри конференцийĕ пулса иртнĕ.

«Доон» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, конференцире Мире сыхлас тĕлĕшпе Лахор *хулинче ĕçлекен комитетăн председателĕ* Сеид Мутталаби Фаридабади доклад тунă. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшӳ тума чĕнсе калани çине алă пустарас тĕлĕшпе нумай пулмасть ирттернĕ кампание Пакистан халăхĕ хастарлă хутшăнчĕ, тенĕ вăл. Хĕвеланăç Пакистанра кăна çав чĕнӳ çине 100 пин çын ытла алă пуснă. Фаридабади хăйĕн сăмахĕнче Мире сыхлас тĕлĕшпе Пĕтĕм Пакистанра ĕçлекен комитет тума кирли çинчен каланă. Конференцие пухăннисем Мире сыхлас тĕлĕшпе Пĕтĕм Пакистанра ĕçлекен комитет тума решени йышăннă, унăн председателĕ пулма Пир Манки Шарифа, генеральнăй секретарĕ пулма Самсамул-хан профессора суйланă.

Конференцие пухăннисем хăйсем йышăннă резолюцисенче Франци империалисчĕсен Тунисри преступленилĕ ĕçĕсене хытă сивленĕ, Пакистан правительствинчен çав ыйтăва Хăрушсăрлăх Совечĕнче пăхса тухмашкăн сĕнме ыйтнă.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ «Вăтаçĕр *Хĕвелтухăçĕпе Çывăх Хĕвелтухăçĕ* тата Сурçĕр Африка çинчен» йышăннă резолюцие, Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Венăра пулнă сессийĕнче йышăннăскере, конференци пĕр сасăпа пулса ырланă.

### США конгресĕнче

#### Конгресс членĕсем хăйсемшĕн *кăна тăрăшаççĕ*

НЬЮ-ЙОРК, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Америка конгресĕн представительсен палати майăн 18-мĕшĕнче нимĕн сӳтсе явмасăрах конгресс членĕсен налогĕсене чылай чакарма палăртакан законăн проектне йышăннă. Ку закон проектне йышăнма представительсен палатинчи демократсен пуçлăхĕ Маккормик сĕннĕ. Асăннă закон чăннипе конгресс членĕсене тупăшран илекен налов тӳлессинчен хăтарать. Ку налога ытти мĕнпур граждансем тӳлеççĕ.

Çакă тĕлĕнтерет: тепĕр куннех представительсен палати ватă çынсене паракан пособи укçине кашни уйăхра 5 доллар чухлĕ ӳстерме палăртакан законăн проектне йышăнма килĕшмен.

## В. В. Маяковский ӳчĕн кĕлне урăх çĕре куçарнă

Аслă совет поэчĕ В. В. Маяковский вилсен унăн ӳтне çунтарнă ӳтĕнчен юлнă кĕлне хунă урнăна майăн 22-мĕшĕнче Ново-Девичье масарĕ çине куçарнă. Çав урна 1930 çулхи апрель уйăхĕнчен пуçласа ку таранччен крематорин колумбарийĕнче (вилнĕ çынсен ӳчĕсене çунтарнă хыççăн юлнă кĕле хунă урнăсене усрамалли вырăнта) пулнă.

Масар çинче хурлăхлă митинг ирттернĕ. Митинга нумай писательсем, искусство деятелĕсем, поэт амăшĕ Александра Алексеевна Маяковская тата поэт аппăшĕ Людмила Владимировна Маяковская пулнă.

Митинга ССР Союзĕнчи Совет писателĕсен союзĕн генеральнăй секретарĕн заместителĕ Н. С. Тихонов сăмах туха каланă. (ТАСС).

## Тимĕр-тăмăр пухса параççĕ

ВĂРМАР. Районти ĕççыннисем тимĕр-тăмăр пухмалли уйăхлăха активлă хутшăнаççĕ. Райсовет исполкомĕ кашни предприятине тата колхоза тимĕр-тăмăр пухмалли задани панă. Халĕ çав заданине ăнăçлăн пурнăçлассишĕн ăмăрту анлăн саралса пырать.

Сĕтел-пукан тăвакан фабрика коллективĕ заданине кварталтан квартала ирттерсе тултарать. Уйăхлăха хутшăнса, фабрикăри комсомолецсемпе çамрăксем предприяти территорийĕнче виçĕ пин килограмм тимĕр-тăмăр пухрĕç. Çак уйăхра коллектив тата икĕ пин килограмм пухса парать.

Енĕшпуçĕнчи кирпĕч завочĕн коллективĕ ку енĕпе уйрăмах паха тĕслĕх кăтартрĕ. Заводри рабочисемпе служащисем пĕр кун хушшинче 20 тонна тимĕр-тăмăр пухса чугун çул станцине турттарчĕç.

МТС-ра ĕçлекенсем те уйăхлăх пуçланнăранпа 3.500 килограмм тимĕр-тăмăр пухрĕç.

Çак кунсенче ялти хресченсемпе шкул ачисем райпотребсоюза виçĕ пин килограмм, Главутильсырье кантурне тăватă пин килограмм тимĕр-тăмăр пухса пачĕç. Кавал, Пысăк Енкасси тата Шăхаль ялĕсенче те тимĕр-тăмăр нумай пухнă.

ВЛКСМ райкомĕ икĕ воскресник ирттерме палăртнă.

**И. ВОЛКОВ.** (Хамăр корр.).

### МАЛТА ПЫРАКАН АРТЕЛЬ

СЕНТЕРВАРРИ. Анаткасри «Вперед» промартель ĕççыннисене куллен кирлĕ таварсем нумай туса кăларать. Кунта шурă, хăваран сĕтел-пукан, креслăсемпе дивансем, тарантас корзинисем, пысăк фурмансем тата ытти те туса кăлараççĕ. Артель членĕсем производство планне султан-çул ăнăçлăн тултарса пыраççĕ. Çакăншăн артеле Чăваштарпромсоюз темиçе хутчен те премиленĕ.

«Вперед» промартель кăçал та производство планне ăнăçлăн тултарса пырать. Пĕрремĕш квартал планне 152 процент, апрель планне 168 процент тултарнă.

Артель коллективĕ виçĕ бригадăна уйăрăлса ĕçлет. Бригадăпа бригада хушшинче социализмлă ăмăрту анлăн саралнă. Ку вăл ĕç тухăçлăхне ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатса пыма май парать. Тарантас корзинисем тăвакан бригадăра В. Александровпа А. Петров мастерсем кулленхи нормăна 280—300 процент, П. Леонтьевпа П. Гаврилов 230—235 процент таран тултараççĕ.

Артель коллективĕ çур çулхи плана ирттерсе тултарчĕ, иккĕмĕш çурçулшăн ĕçлеме пуçларĕ.

**А. ТИМОФЕЕВ.**

### Пĕлтерни

Паян, майăн 24-мĕшĕнче, каçхине 8 сехетре, ВКП(б) хула комитечĕн парткабинетĕнче И. В. Сталин биографине вĕренмелли кружок руководителĕсен семинарĕ пулать. Семинарта кружоксенче итогла занятисем ирттересси çинчен сӳтсе явмалла.

ВКП(б) ХУЛА КОМИТЕЧĔН ПАРТКАБИНЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.





РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-90, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-07, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01106 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.